ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 19 вырсарникун № 140 (9049)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Политикăлла агитаци— партилле ĕçĕн пысăк пайĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршыв вăй-хăватне ÿстерессишĕн, халăха ырлăх кÿрессишĕн ырми-канми тăрăшать. Парти политикине пурнăçласа пырас ĕçре совет çыннисен политикăлла тата производствăлла активлăхне ÿстерсе пыни, вĕсене коммунизмла воспитани пани пысăк вырăн йышăнса тăрать. Партин XIX-мĕш съезчĕ парторганизацисене совет çыннисене коммунизмла воспитани памалли мĕнпур майсемпе усă курма, пропагандăпа агитаци тата пичет ĕçне вăйлатма хушрĕ.

XIX-мĕш съезд решенийĕсене пурнăçласа пынă май, парторганизацисем ĕççыннисем хушшинчи политикăлла ĕçе вăйлатрĕç. Предприятисемпе колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче, учрежденисенче тăтăшах докладсемпе лекцисем, каласусем пулса иртеççĕ. Агитаторсем ĕççыннисене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, партипе правительство директивисем çинчен, Совет правительствин шалти тата тулашри политики çинчен ăнлантарса параççĕ. Пиншер агитаторсем массăсем хушшинче Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин аслă идейисене сарса пыраççĕ.

Политикăлла агитаци массăсене коммунизмла воспитани памалли, умра тăракан хуçалăхпа политикăлла задачăсене пурнăçлама ĕççыннисене мобилизацилемелли пысăк вăй пулса тăрать. Агитаци ĕçне тăтăшах тата конкретлă туса пынă çĕрте ĕççыннисен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ яланах пысăк пулать, хуçалăхпа культура строительствинчи ăнăçлăх ÿссе пырать.

Чкаловски районĕнчи нумай колхозсенче агитацилле-массăлла ĕçе куллен туса пыраççĕ. КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем агитаторсен ĕçне ертсе пыраççĕ, политикăлла агитаци ĕçне ертсе пыракан работниксене активлăн хутшăнтараççĕ. Политикăлла ĕçе лайăхлатнă май районти парторганизаци чылай ÿсĕмсем турĕ. Колхозниксем, механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем илнĕ социализмла обязательство чылай енĕпе пурнăçланса пырать. Районти колхозсем çураки ĕçĕсене кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа ирттерчĕç, тырпул пухса кĕртме те йĕркеллĕн хатĕрленчĕç.

Кун пек тĕслĕхсем сахал мар. Анчах та республикăри чылай хуласемпе районсенче агитацилле-массăлла ĕç çителĕксĕр пулса пырать. Нумай парторганизацисенче политикăлла агитаци ĕçне вăхăтран вăхăта, кампанилле туса пыраççĕ. Ку тĕлĕшпе çакна палăртмалла. КПСС XIX-мĕш съезчĕ пулса иртсенех предприятисемпе колхозсенче, МТС-сенче тата учрежденисенче ĕççыннисене съезд материалĕсем çинчен ăнлантарса парасси аван пулса пычĕ. Каярахпа вара чылай çĕрте çак кирлĕ ĕçе манма пуçларĕç. Юлашки вăхăтра нумай агитаторсем пачах ĕçлеми пулчĕç.

Канашри вагонсем юсакан заводри хăшпĕр цехсенче агитаторсем пачах ĕçлемеççĕ. Урапасем тăвакан цехри агитколлектив саланса кайнă. Парткомпа цехсенчи парторганизацисем агитаторсене пухмаççĕ, вĕсемпе семинарсем е канашлусем ирттермеççĕ. КПСС Канаш хула комитечĕ те çак çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман.

Кун пек тĕслĕхсем ытти çĕрте те тĕл пулаççĕ. Нумаях пулмасть КПСС Чăваш обкомĕ Сĕрпÿ райкомĕн ĕçĕсем çинчен сÿтсе яврĕ. Çакă палăрчĕ: райком «Авангард», «Правда», «1905 год», Ленин ячĕпе тăракан, «Коммунизм» тата ытти хăшпĕр колхозсенчи парторганизацисем çумĕнче агитколлективсем те йĕркелемен пулнă.

Ĕççыннисем патне килĕрен çÿресе агитацилесси пирĕн ĕçре сахал мар пулăшу панă. Анчах юлашки вăхăтра çак ĕç те çителĕксĕр пулса пырать. Нумай агитаторсем хăйсене уйăрса панă участоксенчи ĕççыннисем патне çÿремеççĕ, хăшпĕр юлташсем вара вырăнти Советсен суйлавĕ иртнĕренпе те суйлавçăсем патне çитсе курман.

Агитацилле ĕçĕн содержанийĕ вăйсăртарах. Хăшпĕр агитаторсем каласусене вырăнти тĕслĕхсемпе, предприяти е колхоз умĕнче тăракан конкретлă задачăсемпе çыхăнтармасăр ирттереççĕ. Çак çитменлĕх уйрăмах Улатăрпа Сĕрпÿ районĕсенче хытă палăрать.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем çумĕнче штатра тăман докладчиксен ушкăнĕсем пур. Вĕсем партипе совет активне—1.300 çынна пĕрлештерсе тăраççĕ. Çак вăй пире пысăк пулăшу памалла. Анчах та хăшпĕр çĕрте штатра тăман докладчиксен ушкăнĕсем кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Уйрăм юлташсем хăйсен активлăхне кăтартмаççĕ. Улатăр, Кувакино, Етĕрне районĕсенчи ертсе пыракан работниксенчен чылайăшĕ ĕççыннисене докладсемпе лекцисем вуласа памаççĕ.

Массăсем хушшинчи агитацилле ĕçĕн шайĕ пуринчен малтан парти комитечĕсемпе пуçламăш парторганизацисен тимлĕхĕнчен килет. Парторганизацисен агитаторсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла, вĕсене ĕçе хуçалăхпа политикăлла задачăсене пăхăнтарса тума вĕрентмелле. Калас пулать, КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем агитаторсен ăсталăхĕпе пĕлĕвне ÿстерессишĕн сахал тăрăшаççĕ. Хăшпĕр комитетсем агитаторсене сайра хутра кăна пухаççĕ, агитацилле-массăлла ĕçе вăйлатмалли майсем çинчен сахал сÿтсе яваççĕ.

Агитацилле-массăлла ĕç тăвасси—пысăк искусство. Агитаторăн пĕлĕвĕ çителĕклĕ пулмалла. Унсăр пуçне унăн массăсене пирĕн ĕç çинчен тĕрĕс ăнлантарса пама, ĕççыннисене ÿсĕмсем тума хавхалантарма пĕлмелле. Çак ăсталăха аякран илме çук. Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен агитаторсен пĕлĕвĕпе методикăлла ăсталăхне ÿстерессишĕн куллен тăрăшас пулать.

Парторганизацисем умĕнче çакăн пек задача тăрать: агитацилле-массăлла ĕçĕн витĕмлĕхне ÿстерсе пыма тăрăшмалла. Массăсем хушшинчи ĕçе куллен вăйлатса пымалла. Рабочисемпе колхозниксене тата интеллигенцие Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене, партипе Совет правительствин шалти тата тулашри тĕрĕс политикине ăнлантарса памалла. Ĕççыннисене социализмла Тăван çĕршыва чĕререн юратма вĕрентесси, халăхсен туслăхĕ майлă воспитани парасси, Коммунистсен партийĕн политикине лайăх ăнланса илме пулăшасси—агитаторăн чи пархатарлă тивĕçĕ.

Хальхи вăхăтра ĕççыннисене уйрăмах Бериян партипе государствăна хирĕçле ĕçĕсем пирки КПСС Центральнăй Комитечĕн постановленине тĕплĕн ăнлантарса памалла. Центральнăй Комитет империализм агенчĕн Бериян тăшманла ĕçне чарса лартас тĕлĕшпе вăхăтра йышăннă мерăсен пĕлтерĕшне кашни совет çынни тĕрĕс ăнлантăр. Кунпа пĕрлех пирĕн тивĕçлĕ ĕçсем тума пĕлмелле: революцилле сыхăлăха ÿстермелле, ĕçри хастарлăха вăйлатса Тăван çĕршывăн хăватне ÿстерме тăрăшмалла.

СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕн чухлĕ тултарни çинчен пĕлтерчĕ. Агитаторсен çак паллă документăн содержанине кашни ĕççынни патне çитерме тăрăшмалла, агитацилле ĕçе социализмла экономика хăватлăн аталанса пыни çинчен кашни çынна лайăх ăнлантарас тĕллевпе тумалла.

Агитацилле-массăлла мĕнпур ĕçе хуçалăхпа культура строительствин ĕçĕсемпе, Тăван çĕршыв, республика, район, уйрăм колхозсемпе предприятисем умĕнче тăракан конкретлă задачăсемпе çыхăнтарса тăвас пулать. Политикăлла агитаци рабочисемпе колхозниксен социализмла ăмăртăвне вăйлатма пулăштăр. Ĕççыннисене социализмла ăмăрту условийĕсем çинчен тăтăшах астутарса тăмалла, лайăх ĕçлекенсен опычĕпе паллаштарса пымалла, ăмăрту итогĕсене пурне те пĕлтермелле. Агитаторăн ĕç дисциплинине пăсакансене хирĕç, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене хирĕç, социализмла пурлăха тустарма пăхакансемпе кахалсене хирĕç кĕрешмелле. Критикăна сарма пулăшса ĕççыннисене тÿрĕ кăмăллă пулма воспитани парас пулать.

Массăсем хушшинче политикăлла агитаци ĕçне вăйлатса пырасси—парторганизацисен тĕп тивĕçĕ пулса тăрать. Унăн вăйĕпе тĕрĕс усă курса, ĕççыннисене коммунизмла воспитани памалла, мĕнпур вăя партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама мобилизацилемелле.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### СССР Вăтам машиностроени министерстви тăвасси çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çапла йышăнать:

СССР Союзĕн пĕтĕмсоюзлă Вăтам машиностроени министерствине тăвас, унăн аллине СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ список тăрăх предприятисемпе организацисене парас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

## Республикăри уй-хирсенче кĕрхи тырăсем пулса çитеççĕ. Вĕсене вырса пухма паян-ыранах тытăнар!

### Государствăна утă параççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. Районти Сталин ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан, «Родина» ялхуçалăх артелĕсем государствăна утă памалли плана тултарчĕç. «Гигант», «Дружба» тата ытти колхозсем те утă памалли плана ăнăçлă пурнăçлаççĕ.

Н. КВАСОВ, Л. ТАЛЛЕРОВ.

* * *

УЛАТĂР. «Победа Октября» колхоз çаран утине тата акнă курăксене районта пуринчен малтан çулса пухса капана хыврĕ. Государствăна утă памалли плана та срокчен тултарнă. Н. Быстряков ертсе пыракан трактор бригади хатĕрлев пунктне автомашинăсемпе 24,5 тонна чи лайăх утă леçрĕ.

Утă çулса пухассине кĕске срокра туса ирттерме, государствăна срокчен утă парса татма хуçалăхри ĕçсене тĕрĕс организацилени тата колхоз бригадисем механизаторсемпе пĕр пулса ĕçлени пулăшрĕ.

«Победа», «Путь Ильича» колхозсем те государствăна утă памалли плана çак кунсенчех тултараççĕ.

Н. КОЛЕСОВ.

### Тырă йышăнма хатĕр

ПĂРАЧКАВ. «Заготзерно» пункчĕ çĕнĕ тырра йышăнса илме тимлĕ хатĕрленет. Складсене пурне те тĕплĕн юсанă. Хатĕрлев пункчĕ патне пыракан çула чул сарса лайăхлатнă. Складсем хушшинчи çулсем те юсавлă.

Тырă тасатмалли машинăсемпе зерносушилкăсене тата лаборатори инвентарьне кирлĕ пек йĕркеленĕ. Кăçал тырра тараса çинчен склада хывас ĕçе механизацилеççĕ.

Кадрсем çителĕклĕ. Июлĕн 15-мĕшĕнче хатĕрлев пунктĕнче ĕçлекен кладовщиксем, лаборантсем тата ытти кадрсем техминимум кружокĕнчен вĕренсе тухрĕç.

Тырă леçме пыракан колхозниксем валли хĕрлĕ кĕтес организациленĕ. Ун валли хаçат-журналсем уйăрнă. Агитаторсем лекцисемпе докладсем ирттерме, боевой листоксем кăларма палăртнă. «Заготзерно» пункчĕн территорийĕнче сутуилу тума ларексем пулаççĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

### Силос хываççĕ

ЧУРАЧĂК. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ апат хатĕрлес тĕлĕшпе Киров ячĕпе, Калинин ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан тата «Союз» колхозсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Киров ячĕпе тăракан колхозра кăçал 80 тонна силос вырнаçмалăх сурмабашня çĕнĕрен тунă. Кунта кĕске срокра çырма-çатрасенчи курăксене пухса силос хывмалли плана 105 процент тултарнă. Силос хывас ĕçре уйрăмах ферма заведующийĕ Спиридонов юлташ тăрăшса ĕçлерĕ.

Агроном А. АФАНАСЬЕВ.

### Ăмăртакан районсенче

(Июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне)

| Куславкка | | Октябрьски |
|---|---|---|
| 63,0 | Утă çулнă (планпа пăхнинчен процентпа) | 44,5 |
| 62,3 | Капана хывнă (çулнинчен процентпа) | 46,3 |
| 11,1 | Силос хывнă (планпа пăхнинчен процентпа) | 12,8 |

Утă çулас тата силос хывас ĕçе çак районсенчи колхозсенче япăх организациленĕ. Ку ĕçре районсем иккĕшĕ те республикăра пуринчен кая юлнă. Çулнă курăка типĕтсе капана хывма тăрăшни те курăнмасть.

Куславкка МТС-ĕ ку тарана çитсе те обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлес ĕçе хутшăнманпа пĕрех. Суворов ячĕпе тăракан колхозра трактор силосорезки 19 тонна силос культурисем вĕтетнĕ хыççăн çĕмĕрĕлнĕ те чарăнса ларнă. Машинăсене япăх юсани тата юсанисемпе пуринпе те усă курманни МТС руководителĕсем (директорĕ Г. Захаров юлташ) выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе хакламаннине кăтартса параççĕ.

### Молотилка машинисчĕ

Семен Антонов ĕçчен тата опытлă машинист. Вăл 20 çул ĕнтĕ молотилка машинисчĕ пулса ĕçлет.

— Пултаруллă çын, ĕçчен машинист,— каласа парать МТС директорĕ И. Андреев юлташ ун çинчен.

Машинистсен канашлăвĕнче Семен Антонов хăйĕн иртнĕ çулхи ĕç опычĕ çинчен каласа пачĕ.

— Мĕнле майпа талăкра 3.600 пăт тырă çапма пултарнă эсир?—ыйтрĕ машинистсенчен пĕри.

— Техникăна лайăх пĕлсен, унпа ĕçре туллин усă курсан, кирек епле ĕçре те ÿсĕм тума пулать,— ответлерĕ С. Антонов юлташ.

Антонов юлташ хăйĕн пуян опытне ытти машинистсем хушшинче сарма тăрăшать, канашлусенче тухса калать. Иртнĕ çулта вăл 800 тонна ытла тырă çапнă, унччченхи çулсенче 1.000—1.200 тонна таран çапнă.

— Эпĕ, Чернигов облаçĕнчи Березнянск МТС-ĕнчи Н. Бредюк машинистăн ĕçри опычĕпе паллашнă хыççăн, сехет графикĕпе ĕçлеме тытăнтăм. Ку меслетпе усă курса Н. Бредюк юлташ икĕ сезонта 2.404 тонна тырă çапма пултарнă. Эпĕ те иртнĕ çулта сехет графикĕпе ĕçлесе паха çитĕнÿ турăм, талăкра 60 тонна таран тырă çапма пултартăм,— тет С. Антонов юлташ.

Молотилкăпа авăн ытларах çапасси ĕçе мĕнле организацилениничен, авăн çапакан бригадăри çынсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухнинчен нумай килет. Ĕçе лайăх йĕркелесен кăна молотилкăпа пĕр чарăнса тăмасăр ĕçлеме пулать. Антонов юлташ ĕçе çапла йĕркеленĕ: барабана кĕлте яма икĕ енчен те сĕтел тунă, кĕлте майласа пама, сыхă касма тата кĕлтене барабана яма кашни енченех икшер çын тăратнă. Молотилкăна сахалтарах кусарса çÿремелле пултăр тесе, ун патне кĕлте нумайрах турттараççĕ. Тырă тата горючипе шыв турттарма колхозниксене яланлăха çирĕплетнĕ.

Антонов юлташăн молотилки нихçан та çĕмĕрĕлсе ларман. Вăл машинăна тирпейлĕ пăхать, молотилка пайĕсене, гайкăсемпе винтсене çийĕнчех хытарса тăрать. Çу сĕрес тата тусантан тасатас пулсан, молотилкăна нихçан та чармасть. Çав ĕçсене вăл колхозниксем апата ларнă вăхăтра туса ирттерет. Антонов юлташ талăкра 80 тонна яхăн тырă çапни сахал мар пулнă.

Антонов юлташ кăçал та 12-мĕш трактор бригадинче (бригадирĕ Г. Гурьев юлташ) ĕçлет. Вăл хăйĕн молотилкине тĕплĕн юсаса, авăн çапма хатĕрлесе çитернĕ. Халĕ молотилка Хрущев ячĕпе тăракан колхозра. Кирек мĕнле çанталăкра та пĕр татти-сыпписĕр авăн çапмалла тăвас тесе, колхоз витнĕ итемсене юсаса пĕтернĕ, икĕ витнĕ итеме тасатса хатĕрленĕ. Унта «МК-1100» молотилка вырнаçтарса лартнă. Халĕ кунта паян-ыранах авăн çапма хатĕр.

Хастарлă машинист С. Антонов юлташ, кăçал та ĕçе пĕлтĕрхи пекех йĕркелесе, сехет графикĕпе ĕçлесе, сезонта 1.200 тонна тырă тата 100 гектар çинчи нумай çул ÿсекен курăксене çапма обязательство илнĕ, социализмла ăмăртăва Ф. Федоров машиниста чĕннĕ.

— Хамăн сăмаха ĕçпе пурнăçлассса шанатăп, тет Семен Антонов юлташ.

С. ФЕДОТОВ.

Вăрнар районĕ.

### Сĕтеклĕ апатсем хатĕрлеççĕ

ЕЛЧĔК. Мичурин ячĕпе тăракан пĕрлешсе пысăкланнă колхозри выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада 45 гектар çинчи курăксене çулса пухрĕ тата 150 тонна силос хыврĕ. Силос хывас ĕç малалла пырать. Çак ĕçре колхоза МТС механизаторĕсем пысăк пулăшу параççĕ.

В. НАУМОВ.

### Силос хывма халĕ те пуçăнман

ПЕРВОМАЙСКИ. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ апат хатĕрлеме тăрăшакан колхозсем силос хывас ĕçе ăнăçлă туса пыраççĕ. Акă, Упамсари «Красная Поляна» колхоз (председателĕ П. Степанов юлташ) силос хывмалли плана çулленех тырă вырма тухиччен тултарать. Ку колхозра силос хывас ĕçе кăçал та лайăх организацилерĕç. Суракине вĕçленĕ хыççăнах колхозра йывăçран пураса тăватă силос башни хатĕрлерĕç, вĕсен стенисене тăмпа шăлса хытарчĕç. Çак уйăх пуçламăшĕнчех МТС колхоза силосорезка ярса пачĕ. Колхоз правленийĕ унта ĕçлеме икĕ автомашина, 15 лаша уйăрчĕ. Силос хывнă çĕрте кашни кунах 40 çын ĕçлерĕ, вĕсенчен çурри ытла комсомолецсемпе çамрăксем пулчĕç. Колхозниксем тăватă кун хушшинче 190 тонна силос хывса çулталăкри плана тултарчĕç.

Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз та силос хывмалли плана 80 процент тултарчĕ.

Анчах та районти колхозсенче силос хывас ĕç чăтма çук япăх пырать. Июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне районти 23 колхозран 7 колхоз çеç силос хывма тытăннă. Кăçал районĕпе 6 пин тонна силос хывса хăвармалла пулсан, çак вăхăт тĕлне пурĕ те 550 тонна çеç хывнă.

Районти хăшпĕр колхозсен руководителĕсем силоса хакламанни палăрать. Сăмахран, «Правда» колхоза илер. Кунта иртнĕ çул хывса хăварнă силоспа та кирлĕ пек усă курмарĕç. Колхоз правленийĕ кăçал силослăх культурăсене машинăпа акмарĕ. Алăпа акнă пирки вăрлăх лайăх витĕнсе юлаймарĕ, силос тума акнă хĕвелçаврăнăш калчи начар шăтса тухнă.

— Çак хĕвелçаврăнăш калчисем çитĕнмесĕр силос хывма май çук,—тет колхоз председателĕ В. Кадиков юлташ.

Анчах колхозра силос культурисем ĕлкĕричченех вăрманта, çырма хĕррисенче, варсенче, çул хĕррисенче çулмалли курăксем пур. МТС силосорезки те усăсăр ларать. Апла пулин те силос хывма халĕ те пуçăнман.

Сталин ячĕпе, Калинин ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Хрущев ячĕпе тăракан, «Красный флот», «Путь коммунизма» колхозсем те силос хывмалли курăка вăрманта çулса пухма пултараççĕ. Анчах та вĕсем силослăх культурăсем ÿссе ĕлкĕрессе кĕтсе силос хывма тытăнмаççĕ.

Калас пулать, райисполкомăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ тата унти специалистсем силос хывас тата выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçсене çителĕксĕр ертсе пыраççĕ.

Силос хывас ĕçе хакламанни пулмалла мар, ăна кашни колхозăн кирлĕ чухлĕ хывса хăвармалла.

А. ТУКМАКОВ.

## Физкультурăпа спорт ĕçĕнчи çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн

Паян—Пĕтĕм Союзри физкультурниксен кунĕ.

Пирĕн çĕршывра физкультурăпа спорт ĕçне ĕççыннисем хушшине анлă сарас енĕпе пысăк ĕçсем тунă. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви совет çыннисене нимĕнле йывăрлăхсенчен те хăраман, тĕреклĕ те паттăр тата пултаруллă пулма воспитани параççĕ. Ку тĕлĕшпе физкультурăпа спорт калама çук пысăк вырăнта тăрать. Физкультурăпа спорт пирĕн çĕршывра ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре паллă вырăн йышăнса тăрать.

Совет влаçĕн пĕрремĕш çулĕсенчех В. И. Ленин пирĕн çĕршывра миллионшар тĕреклĕ те вăйлă, нимрен хăраман çынсем кирли çинчен каланă. «Çакăн пек çынсен аллинче малашлăх, вĕсем общества çĕнĕ никĕсĕсене тумалли правăна кĕрешсе илеççĕ».

Партин XVI-мĕш съездĕнче аслă Сталин çапла каланă: «Пирĕн çĕршывра рабочисем сывă та тĕреклĕ, савăнăçлă, Совет çĕршывĕн вăй-хăватне ÿстерме пултаракан тата тăшмансем тапăнасран паттăррăн сыхлама пултаракан çамрăк ăрăва ÿстерме пур условисене те туса панă».

Парти кăтартса панине пурнăçласа пырса, совет халăхĕ физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарас енĕпе пысăк ĕçсем турĕ. Совет Союзĕнчи спорт коллективĕсем миллионшар çынна пĕрлештерсе тăраççĕ. Вĕсем пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн, Тăван çĕршывăн мухтавĕпе хăватне ÿстерессишĕн, мирпе демократи вăйне тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ. Халĕ пирĕн çĕршыври хуласемпе ялсенче пиншер стадионсем, шыв станцийĕсем, спорт площадкисем пур. Халăх сывлăхне сыхлас ĕçе тата физкультурăпа спорт ĕçĕ валли государство укçа-тенкĕ нумай расходлать.

Партин Центральнăй Комитечĕ çĕршывра физкультурăпа спорт ĕçне тата та ытларах вăйлатма, ăна массăллăн туса пыма хушать.

Юлашки çулсенче пирĕн совет физкультурникĕсен речĕ нумай ÿсрĕ, спортсменсен пултарулăхĕ те вăйланса пырать. Юлашки пилĕкçуллăхра совет физкультурникĕсем 2 пин хут ытла çĕршыв рекорчĕсене тата 168 пĕтĕм тĕнче рекорчĕсене лайăхлатнă. Çак вăхăтрах виçĕ пин ытла спорт мастерĕсем хатĕрленĕ, виçĕ хут ытла спортсмен-разрядниксен шучĕ ÿснĕ.

Пирĕн спортсменсем тĕнчери ăмăртусенче Совет Союзĕн спорт чысне çÿлте тытаççĕ. Совет шахматисчĕсем тĕнчере пĕрремĕш вырăн йышăнса тăраççĕ. Конькипе чупакансем кăçал каллех тĕнчере пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç. Пирĕн борецсем те лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç. Совет Союзĕн баскетболисчĕсем иккĕмĕш хут Европа чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Пирĕн Чăваш республикинче те физкультурăпа спорт ĕçне аталантарас енĕпе чылай çитĕнÿсем тунă. Юлашки икĕ çул хушшинче кăна 200 ытла çĕнĕрен физкультура коллективĕсем организациленĕ, спортсменсен шучĕ темиçе пин çынна çитнĕ. Вĕсен ăсталăхĕ те ÿссех пырать. Юлашки виçĕ çул хушшинче кăна 410 хут республика рекорчĕсене çĕнетнĕ. Республикăри паллă спортсменсем—спорт мастерĕ Игнатьев, Бикчурин, Камалтдинов, Антонова, Токарева, Горынин тата ыттисем те кăçал, иртнĕ çулсенчи пекех, республикăн рекорчĕсене темиçе хут та çĕнетрĕç. РСФСР-та мала тухассишĕн юлашки кунсенче Мускавра пыракан ăмăртура Игнатьев 100, 200 тата 400 метрлă дистанцисене чупса тухассипе РСФСР чемпионĕн ятне илчĕ. Вăл 200 метра 21,4 секундра чупса тухса РСФСР рекордне лайăхлатрĕ. Республикăри çамрăк акробатсем кăçал РСФСР-ти ăмăртура виççĕмĕш вырăн йышăнчĕç. Ялти физкультурниксем те юлашки çулсем хушшинче РСФСР-та мала тухассишĕн ирттернĕ ăмăртусенче яланах пĕрремĕш вырăнсем йышăнчĕç.

Физкультурăпа спорт ĕçне тивĕçлипе туса пыракан районсемпе колхозсем пирĕн республикăра сахал мар. Сăмахран, Чкаловски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз иккĕмĕш çул ĕнтĕ колхоз коллективĕсен смотрĕ енĕпе ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне хăйĕн аллинче тытса усрать. Сĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь», Красноармейски районĕнчи «Красное Сормово», Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсенчи коллективсем физкультурăпа спорт ĕçне нумай енлĕ туса пыраççĕ.

Çак çитĕнÿсемпе эпир лăпланса ларма пултараймастпăр. Физкультура ĕçĕнче ку таранччен тунă çитĕнÿсем, çĕнĕ рекордсем—вĕсем спортри çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн пыракан кĕрешÿн пуçламăшĕ кăна-ха. Пирĕн республикăра физкультурăпа спорт ĕçĕнче çитменлĕхсем те чылай. Вĕсенчен пĕри—физкультурăпа спорт ĕçĕ халăх хушшинче массăллăн пулса пыманни. Пур çамрăксене те физкультурăпа спорт ĕçне хутшăнтармалла, вĕсем хушшинче ГТО, БГТО значокĕсен нормисене парассине организацилемелле. Кашни предприятипе колхозра, кашни учрежденипе шкулта тата МТС-ра физкультура коллективĕсем пулмалла, вĕсен яланах спорт енĕпе тĕрлĕ ăмăртусем ирттермелле. Çав ăмăртусене çамрăксене массăллăн явăçтармалла, вырăнсенчи пултаруллă спортсменсене палăртмалла. Республикăра спорт площадкисем, стадионсем тăвас ĕç те çителĕксĕр пырать-ха. Сĕнтĕр, Комсомольски, Шăмăршă, Калинино тата ытти район центрĕсенче те халиччен те стадионсем туман. Çакă, паллах, физкультурăпа спорт ĕçне анлăн туса пыма, спорт техникине ÿстерме, пултаруллă спортсменсем ÿстерме чăрмантарать. Физкультурăпа спорт ĕçне сарас енĕпе Советски, Шăхасан, Тăвай районĕсем те питĕ япăх ĕçлеççĕ.

Республикăра хăшпĕр спорт вăййисем питĕ япăх сарăлса пыраççĕ. Пирĕн республикăра юханшывсемпе кÿлĕсем пур пулсан та, шыв спорчĕ çителĕксĕр аталанса пырать. Çавăн пекех конькипе ярăнас, велосипед, йывăр атлетика, автомотоспорт, футбол тата ытти спорт вăййисем енĕпе физкультурниксен ăсталăхĕ начар.

Предприятисемпе учрежденисенчи спорт коллективĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе профсоюз организацийĕсен те ытларах тăрăшмалла. Облпрофсовет тата профсоюз обкомĕсем ирĕклĕ спорт обществисен пурнăçĕпе куллен интересленмен пирки, «Красная звезда», «Медик», «Буревестник» спорт обществисем питĕ япăх ĕçлеççĕ. Çак обществăсенче тăракансен йышĕ ытла та пĕчĕккĕ. Шупашкарти стадион çамрăксен ыйтăвне кирлĕ пек тивĕçтереймест.

Физкультурăпа спорт ĕçне лайăхлатассишĕн парти, совет, профсоюз, комсомол органĕсемпе Сывлăх министерствин органĕсен тăрăшмалла, физкультурăпа спорт ĕçне çĕнĕрен пиншер çамрăка хутшăнтармалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарса пыма хушрĕ. Çакă вăл пирĕн партин, комсомолăн, профсоюзăн вырăнти органĕсен хисеплĕ задачи пулса тăрать.

Я. ОСИПОВ,

Чăваш АССР Сывлăх министрĕн физкультурăпа спорт енĕпе ĕçлекен заместителĕ.

# Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе юратнă Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетер!

* * *

## Парти комитечĕсен активпа пĕрле пулнă пленумĕсенче

### Советски

КПСС Советски райкомĕн пленумĕ иртрĕ. Пленумра пулнисем Берия партие хирĕçле тата государствăна хирĕçлĕ ирсĕр ĕçсем туни çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пысăк тимлĕхпе итлерĕç.

Доклад хыççăн тухса калакансем Берия сĕмсĕр ĕçĕсем çинчен, вăл партипе халăх пĕрлĕхне арпатма тăни çинчен татăклă каларĕç тата КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă татăклă мерăсемпе пĕтĕмпех килĕшÿллĕ пулни çинчен пĕлтерчĕç.

— Центральнăй Комитет Берия партие тата государствăна хирĕçле ирсĕр ĕçĕсене вăхăтра тупса палăртрĕ,—терĕ Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Е. Семенов юлташ.—Центральнăй Комитет постановленийĕ пирĕн партипе халăхшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Ăна коммунистсем, çавăн пекех мĕнпур ĕçсыннисем ырласа йышăнчĕç. Пирĕн Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри колхозниксемпе колхозницăсем Берия халăха хирĕçле, тăшмансла ĕçĕсене тупса палăртнине ырлаççĕ.

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз председателĕ М. Федоров юлташ Берия партипе çĕршыва хирĕçле ĕçĕсем çинчен пĕлсен колхоз членĕсем хытă тарăхни çинчен пĕлтерчĕ.

— Эпир,—терĕ Федоров юлташ,—Центральнăй Комитет Пленумĕн постановленине хĕрÿллĕн ырлатпăр. Эпир сыхăлăха ÿстеретпĕр, хамăр ретсене тăван партипе правительство тавра тата тачăрах пĕтĕçтерĕпĕр. Эпир пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме сăмах паратпăр. Ыраша 6—7 кунта вырса пĕтеретпĕр. Тăван çĕршыва ытларах тырă хатĕрлесе парасшăн тăрăшатпăр.

«Дружба» колхозри партбюро секретарĕ И. Соловьев юлташ халăхăн усал тăшманĕн Берийăн ирсĕр ĕçĕсене тупса палăртнăшăн колхозниксемпе колхозницăсем партин Центральнăй Комитетне тав туни çинчен пĕлтерчĕ.

— Пирĕн колхоз членĕсем кăçал тухăçлă тыр-пул ÿстерчĕç, ăна кĕске вăхăтра пухса кĕртме пулчĕç. Пирĕн пĕтĕм ĕмĕтпе шухăш çакăнта: колхоза çирĕпрех те пуянрах тумалла, çапла майпа юратнă Тăван çĕршыв вăй-хăватне ÿстерме пулăшмалла,—терĕ вăл.

Прение тухса калакан КПСС райкомĕн секретарĕ Я. Лодин, райсовет исполкомĕн председателĕ М. Гринев, Ленин ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ Т. Исаев, районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнчи партбюро секретарĕ В. Игнатьев тата ытти юлташсем те вырăнти промышленноçра ялхуçалăхĕнчи, культура учрежденийĕсенчи çитменлĕхсене, марксизм-ленинизма вĕренес ĕçре пулса пынă кăлтăксене уçса палăртрĕç, çав çитменлĕхсем КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем парти контрольне çителĕксĕр туса пынинчен килнине палăртрĕç.

Райком пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенине пĕтĕмпех ырларĕ тата районти коммунистсем Центральнăй Комитет тавра тачă пĕтĕçсе тăнине кăтартса пачĕ.

### Комсомольски

КПСС райкомĕн 9-мĕш пленумĕнче КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Ислюков юлташ партипе совет халăхĕн ылханлă тăшманĕн Берийăн тискер ĕçĕсем çинчен каласа пачĕ.

Доклад хыççăн тухса калакансем сутăнчăк Берияна, партипе совет халăхĕн никам çĕнтерейми пĕрлĕхĕ çине тапăнма хăтланнă сĕмсĕр тăшмана, пĕтĕм чунчĕререн ылханаççĕ, унăн тискер ĕçĕсене питлеççĕ. Вĕсем совет çыннисем хамăрăн юратнă партипе тăван совет правительстви тавра нихçанхинчен те çирĕп пĕтĕçсе тăнине, партипе правительство кăтартнисене малашне те хастарлăн пурнăçласа пыма хатĕр пулнине, коммунизм çуртне тăвас ĕçре пĕтĕм хăватпа ĕçленине палăртаççĕ.

Калинин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Иванова юлташ çапла калать:

— Коммунистсен аслă партийĕпе Совет влаçĕ пире—ялхуçалăх ĕçченĕсене—колхозлă пурнăç туса пачĕç. Пирĕн колхозсем çултан-çул ÿссе, тĕрекленсе пыраççĕ. Пирĕн анлă уй-хирсенче ялхуçалăхĕн хăватлă машинисем ĕçлеççĕ, вĕсем кашни çулах йышланса пыраççĕ. Колхоз çыннисен пурнăçĕ çулленех лайăхланса пырать. Çак телейлĕ пурнăçа сутăнчăк Берия путарса лартма хăтланнă, вăл пире капиталистсемпе çĕр улпучĕсене пăхăнтарса усрасшăн пулнă. Пирĕн хурçă пек çирĕп партин хăватлă аллиХ хура тăшманăн ирсĕр планĕсене татăклăн аркатса тăкрĕ. Çакăншăн эпир партипе правительствăна тав тăватпăр.

Хирти Сĕнтĕрти шкул директорĕ Евгеньев юлташ вĕренекен ачасемпе учительсен ячĕпе çапла каларĕ:

— Пирĕн чăваш халăхĕ,—терĕ вăл,—патша самани вăхăтĕнче тĕттĕм халăх пулнă. Пирĕн халăха Совет влаçĕ çутта кăларчĕ. Халĕ пирĕн хамăрăн профессорсем, инженерсемпе врачсем, писательсемпе композиторсем, комбайнерсем, ăста рабочисем, агрономсем пур. Анчах та тăшман Берия пире каллех тĕттĕмлĕхе хăварасшăн пулнă. Халăхсем хушшинчи туслăха аркатма сĕмсĕрленсе, вăл Совет Союзĕнчи халăхсене чуралăхра усрасшăн пулнă. Тăшманăн шалчи тулчĕ. Хăратаймĕç пире тăшмансем. Эпир парти тавра, правительство тавра татах та çирĕпрех пĕтĕçсе тăрăпăр.

Районти комсомолецсен тата союзра тăман çамрăксен ячĕпе ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Максимова юлташ хĕрÿллĕ сăмах каларĕ.

Пленумра пурĕ 14 юлташ тухса каларĕç.

Пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

## Культура работникĕсен сăмахĕ

Июлĕн 17-мĕшĕнче государство филармонийĕн залĕнче Шупашкарти культура работникĕсен пухăвĕ пулчĕ. Пухăва КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ А. Михайлов юлташ уçрĕ.

Литературăпа искусство, культурăпа çутĕç работникĕсем, издательствăсемпе типографисенче ĕçлекенсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленийĕсем çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ С. Ислюков юлташ пĕлтернине тимлĕн итлерĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление культура работникĕсем тулли кăмăлпа ырларĕç.

— Эпир, музыка искусствин работникĕсем,—тет Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ, Сталинла преми лауреачĕ, композитор Ф. Лукин юлташ,—партипе халăх тăшманне, империализм агентне Берияна пĕтĕм чĕререн ылханса питлетпĕр. Иуда Берия халăхсен тăванла туслăхне хавшатасшăн пулнă. Вăл пирĕн çĕршывра капитализм йĕрки туса хума, пирĕн ĕççыннисене мул хуçисен тарçисем туса хума ĕмĕтленнĕ. Пирĕн тăван парти Берийăн ирсĕр ĕмĕчĕсене вăхăтра çапса хуçрĕ. Парти халăх интересĕсене çирĕп сыхласа тăрать. Эпир, искусство работникĕсем, партипе халăхăн ирсĕр тăшманне Берияна вăхăтра тăрă шыв çине кăларнăшăн Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине тав тăватпăр.

Лукин юлташ малалла искусство работникĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен, содержанийĕпе социализмла, формипе нациле культурăна татах та ытларах аталантарассишĕн тăрăшмалли çинчен калать. Çавăн пекех вăл искусство работникĕсем халăх ыйтнине пĕтĕмпех тивĕçтерсе пырайманнине, вĕсем марксизм-ленинизм теорине вĕренес енĕпе çителĕксĕр ĕçленине палăртать.

— Эпир искусство ĕçĕнчи çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн, партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене чыслă пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешĕпĕр,—тет Лукин юлташ.

Чăвашсен художество училищинчи педагог Лаврентьев юлташ сăмах илет.

— Капитализмăн кун-çулĕ йывăрлансах пырать,—тет Лаврентьев юлташ.—Çакна лайăх туйса тăрса, капиталистсем нимĕнле ирсĕр ĕç умĕнче те тытăнса тămаççĕ, пире социализм тума пур майсемпе те кансĕрлеме тăрăшаççĕ. Пирĕн хамăрăн сисĕмлĕхе кулленех ÿстерсе пымалла. Эпир, искусство работникĕсем, хамăр чыспа телее тимлĕ сыхласа тăрăпăр, парти ертсе пынипе Тăван çĕршыв тăшманĕсене хуть те хăçан та хаяррăн çĕмĕрсе тăкăпăр. Эпир хамăрăн социализмла искусство ĕçĕнчи çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн, идея енĕпе çÿлĕ пусăмра тăракан произведенисемшĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлĕпĕр. Партипе правительство мир политикине çирĕп тытса пыраççĕ. Мирлĕ ĕçри çĕнĕ ÿсĕмсемпе ăна татах та активлăн кĕрешĕпĕр.

Ун хыççăн Чăвашгосиздат редакторĕ Ильбеков, республикăри Максим Горький ячĕпе тăракан библиотекăра ĕçлекен Солнцев юлташсем тухса каларĕç. Вĕсем империализм агентне Берияна пĕтĕм халăх сивлесе питлени çинчен калаççĕ, партипе халăхăн усал тăшманне вăхăтра тăрă шыв çине кăларнăшăн партипе правительствăна тулли кăмăлпа тав тăваççĕ.

Трибуна умĕнче — РСФСР Верховнăй Совет депутачĕ, чăваш халăх поэчĕ С. Эльгер.

— Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе,—тет вăл,—пирĕн ĕççыннисем Тăван çĕршыв вăй-хăватне пĕрмаях ÿстерсе пыраççĕ. Эпир, совет çыннисем, коммунизмăн çутă пуласлăхĕшĕн кĕрешетпĕр. Коммунистсен партийĕ çирĕп пĕрлĕхлĕ пулни, Тăван çĕршыври халăхсен туслăхĕ никам аркатайми çирĕп пулни пире пур ĕçре те çĕнтерÿ тума пулăшать. Империализм агенчĕ Берия, Совет государствине хавшатса ют çĕршыв капиталне усă тăвас тесе, Правительствăна тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине СССР Шалти ĕçсен министерствине пăхăнтарса тăмалла тума ирсĕррĕн хăтланнă. Вăл, ирсĕр тăшман Берия, партипе халăх пĕрлĕхне хавшатма ĕмĕтленнĕ. Тăшманăн шалчи тулчĕ. Парти халăхпа çирĕп çыхăну тытса ĕçлени, халăхсем хушшинчи туслăх никам аркатайми вăйлă пулни хуть те мĕнле тăшмана та вăхăтра çĕнтерме май парĕ.

Пухура çавăн пекех Стихван Шавлы поэт, Кудрявцев скульптор, 1-мĕш номерлĕ типографири профсоюз комитечĕн председателĕ Ульяшин тата ытти юлташсем—пурĕ 10 çын тухса каларĕç.

Культура работникĕсен пухăвĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановленисене ырласа решени йышăнчĕ.

## Парти тавра кар тăрар!

Сăхă тăшман хирĕçет,  
Шатăр хăйрать сар шăлне.  
Вăрттăн вăл çĕçĕ çĕклет  
Пирĕн çине — халăх çине.

Хурçă рете пухăнар,  
Çиçтĕр ялав вĕлкĕшсе.  
Парти тавра кар тăрар,  
Парти тавра, юлташсем!

Сĕмсĕр тăшман шăртланать,  
Йăшăлтатать çĕленле.  
Пурпĕр шалçи ун тулать,  
Хĕçĕмĕр, кас çиçĕмле!

Хурçă рете пухăнар,  
Çиçтĕр ялав вĕлкĕшсе.  
Парти тавра кар тăрар,  
Парти тавра, юлташсем!

Ют тапăнасшăн лерен,  
Ют хăмсарасшăн шалтан.  
Çук, хăратаймĕç пире,  
Çук, хăратаймĕ тăшман.

Хурçă рете пухăнар,  
Çиçтĕр ялав вĕлкĕшсе.  
Парти тавра кар тăрар,  
Парти тавра, юлташсем!

Пирĕн пĕр çул, çав çула  
Парти кăтартнă пире.  
Партипе пирĕн ялан  
Шанчăклăн тапĕ чĕре.

Хурçă рете пухăнар,  
Çиçтĕр ялав вĕлкĕшсе.  
Парти тавра кар тăрар,  
Парти тавра, юлташсем!

Кул эс, хĕвел, таврана  
Ылтăн шевле сапала!  
Тĕл—коммунизм кăна,  
Никам пÿлес çук çав çула.

Хурçă рете пухăнар,  
Çиçтĕр ялав вĕлкĕшсе.  
Парти тавра кар тăрар,  
Парти тавра, юлташсем!

Стихван ШАВЛЫ.

## *Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче*

### Районсем тата çул участокĕсем çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне ăмăртса ĕçлени итогĕсем çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çакна йышăнчĕ:

1. Районсем тата çул участокĕсем хушшинче çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе пыракан социализмла ăмăртура Сĕнтĕрвăрри районĕ мала тухнине палăртнă (райисполком председателĕ Г. Чуманова юлташ, çул-йĕр пайĕн заведующийĕ А. Жирнов юлташ). Çак район материалсем хатĕрлемелли тата турттармалли çул-талăкри плана 145 процент, чул сарса çул тумалли плана—156 процент, ахаль çулсем çĕнĕрен тумалли тата киввисене тĕпрен юсамалли плана—133 процент, кĕперсемпе трубасем тумалли плана—126 процент, çĕр чавса купаламалли плана—115 процент, çулсем хĕррине йывăç лартмалли плана 100 процент тултарнă.

Сĕнтĕрвăрри райисполкомне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла тунă.

2. Шупашкар тата Шăхасан районĕсем лайăх ĕçленине палăртнă. Вĕсем материалсем турттармалли, чул сарса çĕнĕ çул тумалли тата киввисене тĕпрен юсамалли, кĕперсем тата трубасем тумалли, çĕр чавса купаламалли плана 100 процент ытла тултарнă.

3. Çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе Йĕпреç райисполкомĕ (председателĕ Васильков юлташ), Красноармейски райисполкомĕ (председателĕ Федоров юлташ), Сĕнтĕр райисполкомĕ (председателĕ Петров юлташ), Первомайски райисполкомĕ (председателĕ Савинов юлташ), Çĕмĕрле райисполкомĕ (председателĕ Статуев юлташ) тата Кувакино райисполкомĕ (председателĕ Леонов юлташ) питĕ япăх ĕçленине палăртнă.

4. Йĕпреç, Красноармейски, Шăмăршă, Сĕнтĕр, Первомайски, Çĕмĕрле, Вăрнар тата Кувакино райисполкомĕсен председателĕсене çул-йĕр ĕçĕсен планне 1953 çулхи августăн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнма хушнă.

### *Хаçатсем çинчен вулакансем мĕн калаççĕ*

## Пуçланă ĕçе вĕçне çитермелле

Апрелĕн 16-мĕшĕнче Канаш хулинчи «Сталинский путь» хаçат «Хулари суту-илÿ ĕçне лайăхлатмалла» ятлă рейд материалĕ пичетлесе кăларчĕ. Ун хыççăн часах Канашторг директорĕ Дюкин тата чугун çул ОРС начальникĕн заместителĕ Корякин юлташсем материалта çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен çырса пĕлтерчĕç.

Çакăн хыççăн вулакансем хаçат халăха кулленех кирлĕ таварсем сутассине аванлатас тĕлĕшпе çине тăрса кĕрешме пуçларĕ, тесе шанăччĕ. Материалта ĕççыннисене чылайранпа хумхантаракан ыйтусене уçса палăртнă пулнă.

Унтанпа чылай вăхăт иртрĕ. Анчах та хулара суту-илÿ ĕçĕ лайăхланчĕ теме çук. Чугун çул ОРС-ĕн промтаварсем сутакан 12-мĕш номерлĕ магазинĕнче паян та халăха кулленех кирлĕ таварсем сахал. Сăмахран, магазинра 20 тĕрлĕ чăлхасемпе носкисем пулмалла пулсан, халĕ икĕ тĕрлине кăна сутаççĕ. Çак магазинта чашăк-тирĕк, хуçалăхра кирлĕ ытти таварсем сахал. Канашторг та, хаçатра кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе чăннипе кĕрешес вырăнне, редакцине ответ панипех лăпланса ларнă. Унăн магазинĕсенче моделлĕ туфлисем, сăран пушмаксем çукпа пĕрех. Канашторгра ĕçлекенсемшĕн çавăн пекех атă-пушмаксене тасатмалли крем, ботинка шнурĕсем, шашка-шахмат, приколкăсем, сехет сулисем (браслетсем) тата ытти таварсем те «дефицитлă» япаласем пулса тăнă.

Тен Канашри суту-илÿ организацийĕсем çав япаласене нистан тупса илейменççĕ пулĕ? Çук, пĕрре те апла мар.

Канашра суту-илÿ базисем пур. Базăсен задачи—суту-илÿ организацийĕсене тĕрлĕ таварсем парса тăрасси. Складсене кĕрсе пăхсан, суту-илÿ тăвакан организацисен магазинĕсенче çук таварсем темĕн чухлĕ выртнине курса тĕлĕнетĕн. «Легсбыт» базинче тем тĕрлĕ чăлхасем те пур. «Обувьсбыт» склачĕсем тăхăнмалли япаласемпе тулса ларнă. Ытти складсем те мĕн кирлине пĕтĕмпех параççĕ. Сехет сулли, ботинка шнурĕ, шашка-шахмат тата ытти таварсем вара Канашторгăн хăйĕн складĕнчех нумай.

Мĕншĕн-ха хаçатра çырнă хыççăн та суту-илÿ организацийĕсем хăйсен çитменлĕхĕсене пĕтермен? Мĕншĕн-ха вĕсем редакцине «ответ» çырса янисĕр пуçне урăх нимĕн те туман? Хулари партипе совет организацийĕсем хаçатра пичетленĕ материалсен витĕмлехĕшĕн кĕрешмеççĕ. Хаçат редакцийĕ те хăй пичетленĕ материал çинчен часах манса кайнă.

Корреспондентсен рейдне те хаçат редакцийĕ тĕплĕн хатĕрленсе ирттереймен. Рейд ирттернĕ чухне корреспондентсем магазинсенче мĕн пуррипе кăна интересленнĕ. Суту-илÿ тăвакан организацисен тата базăсен склачĕсене кĕрсе, унта мĕн пуррипе çуккине курса çырнă пулсан, материал тата витĕмлĕрех пулма пултаратчĕ.

Хаçат редакцийĕ суту-илÿ тăвакан организацисен ĕçĕпе тĕплĕнрех паллашнă пулсан, хулари предприятисен çитменлĕхĕсене те аванрах уçса палăртнă пулĕччĕ. Акă, магазинсенче витре, таз, пахча çимĕç шăвармалли лейка сутнине сайра хутра кăна курма пулать. Ку япаласене суту-илÿ организацийĕсене вырăнти промышленность предприятийĕсемпе промысла артелĕсем туса памалла.

Анчах та вĕсем халăха кулленех кирлĕ таварсем туса кăлармалли плана тултармаççĕ.

Сăмахран, инвалидсен «Красный Воин» артелĕн иртнĕ çулта суту-илÿ организацийĕсене 1.500 мăшăр çăматă памалла пулнă пулсан, 35 мăшăр кăна панă. Индпошив мастерскойĕ кăçал суту-илÿ организацийĕсене 500 пин тенкĕлĕх ытла кĕпе-йĕм, пальто, костюм тата ытти тумтирсем çĕлесе парса çитермен. Хулари промкомбинат производство планне нумай иртерсе тултарнă. Çав вăхăтрах кунта таз, витре, апат пĕçермелли хуран, чугун—пĕтĕмпе 19 тĕрлĕ тавар туса кăлармалли плана тултарман.

Хаçатăн, суту-илÿ организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртса критикленĕ май, вырăнти промышленность тата промысла кооперацийĕн предприятийĕсенчи йĕркесĕрлĕхсене те кăтартмалла пулнă. Анчах хаçат ун çинчен çырман. Çавна пула вăл суту-илÿ тăвас ĕçри çитменлĕхсене пур енчен те тишкерсе кăтартайман.

«Сталинский путь» хаçат кашни уйăх е квартал вĕçленнĕ вăхăтра предприятисем плана ирттерсе тултарни çинчен çырать. Çав вăхăтрах вăл плана ассортимент енĕпе тултарассишĕн мĕнле кĕрешнипе, халăха кулленех кирлĕ таварсем туса кăлармалли плана мĕнле тултарнипе сахал интересленет.

А. СМИРНОВ.

*Çĕнĕ вĕренÿ çулĕ умĕн*

## Шкул ĕçĕнчи çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче пирĕн шкулти учительсен коллективĕ вĕрентÿпе воспитани ĕçне чылай лайăхлатрĕ. Çавна май шкулта вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймаан ачасен хисепĕ, малтанхи çулсемпе танлаштарсан, чылай чакрĕ. Учительсенчен чылайăшĕ уроксене содержани тата методика енчен лайăхрах ирттерме пуçларĕç, вĕрентÿ пахалăхне ÿстерчĕç.

Уйрăмах Н. Афанасьева учительница ĕçне палăртас пулать. Вăл математика вĕрентет. Унăн предмечĕпе VIII-мĕшпе X-мĕш классенчи ачасенчен экзаменра япăх паллă илекен пулман, çурри ытла «4» тата «5» паллăсем илнĕ. Учительница хăйĕн предметне, вĕренекенсене юратать, ачан пĕлÿлĕхĕ мĕнле улшăнса пынине яланах сăнаса пырать, ачасем кая юлни сисĕнсенех, вĕсене кашнине уйрăммăн пулăшать. Ачасен пуçарулăхне хавхалантарать, хăйсем тĕллĕн ĕçлессине ÿстерет, теорилле пĕлĕве çирĕплетме практикăлла ĕçсемпе пахалаштарать, ачасене тирпейлĕхе вĕрентет. Вĕренÿ çулĕн малтанхи чĕрĕкĕнче X-мĕш класри ачасенчен хăшĕсем япăх паллă илнĕ. Вĕсене пулăшнипе вĕренÿ çулĕ пĕтнĕ çĕре пурте ĕлкĕрсе пыракан пулнă, экзаменсенче тулли ответ панă.

Çавăн пекех вырăс чĕлхипе те. Вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш чĕрĕкĕнче ку предметпа япăх паллă илекенсем пулнă. М. вĕренекен çыру ĕçĕнче 20—25 йăнăш тунă. М. Астров учитель çавăн пек йăнăшсем тăвакан ачасемпе уйрăммăн ĕçленĕ, хиллантарнă, çыртарнă. Вăл кашни çыру ĕçне тĕплĕн тишкернĕ. Çавна пула экзаменра çыру ĕçне япăх паллă илекен пулман. 2—3 çул каялла X-мĕш класри вĕренсе тухакансем сочинени 4—5 страница çине çырса пултарнă пулсан, кăçал кашни вĕренекен 8—10 страницăран кая мар çырнă. Экзамен ирттерекен комисси çав ĕçсене «4» е «5» паллă лартса хакланă.

Математика вĕрентекен учительсем ачасене теорине вĕрентнипе пĕрлех çĕр лаптăкне, калăпăшне виçме, панă точкăсен хушшине, япаласен çÿлĕшне виçме вĕрентнĕ. Ку енĕпе практикăлла ĕçсем туса ирттернĕ. Физика вĕрентекенсем те ачасемпе пĕрле программăпа пăхнă практикăлла тата лабораторилле ĕçсем туса ирттернĕ. Вырăс тата чăваш чĕлхи вĕрентекен учительсем ачасене чĕлхен грамматикăлла стройĕ çине тимлĕрех пăхма хăнăхтарнă. Çавсене пула асăннă предметсемпе вĕренекенсем çирĕп пĕлÿ илнĕ.

Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ çителĕклĕ пулса пымасть-ха. Шкулта вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймансен хисепĕ 22,2 процент. Ку вăл совет учителĕшĕн, шкул руководителĕшĕн чăтма çук япăх ĕç.

Мĕнрен килеççĕ-ха çав çитменлĕхсем? Мĕнле майпа вĕрентÿ пахалăхне лайăхлатма пулать? Çак ыйтусем нумай учительсене, шкул руководителĕсене хумхантараççĕ.

Вĕрентес тата воспитани парас ĕç нумай енлĕ. Унта пĕчĕк ĕç е пĕчĕк ыйту çук. Малтанлăха пĕчĕк пек туйăнакан ĕç те пысăк ыйту патне илсе пыма пултарать. Çак пысăк ĕçе никамран ытларах учитель туса пырать. Ачасене çирĕп пĕлÿ парасси учительрен килет. Учитель тăрăшса ĕçлет, методикăлла пĕлĕвне ÿстерсе пырать, вĕрентÿ ĕçĕ çине творчествăлла пăхать, малта пыракан учительсен ĕç опычĕпе усă курать пулсан, паллах, унăн предмечĕпе ачасем çирĕп те тарăн пĕлÿ илеççĕ. Çавăн пек ĕçлеççĕ ĕнтĕ пирĕн шкулта çÿлте асăннă учительсем.

Анчах хăшпĕр учительсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Уйрăмах учительсем хăйсен методикăлла пĕлĕвне ÿстерме тăрăшмаççĕ, ĕлĕк илнĕ пĕлÿ çителĕклĕ тесе шухăшлаççĕ. Акă, пирĕн шкулти П. Андреев учителе илес. Вăл вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче методикăлла статьясем, педагогика журналĕсем вуласа та пăхман темелле. Вĕрентÿ пайĕн заведующийĕ, шкул директорĕ е ытти учительсем панă усăллă канашсене йышăнмасть, пур ыйтăва та «хăй» пĕлет. Вăл вырăс чĕлхипе вĕрентет, анчах ачасем килте вĕренме çырнă ĕçсене вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче пачах та тĕрĕслемен. Ун пек учительсем татах та пур. Вĕсем урока çителĕклĕ хатĕрленмеççĕ, урок планне ячĕшĕн кăна тăваççĕ, шкул руководителĕсем ыйтнине пурнăçламаççĕ. Урок планĕнче схема çеç, çав планпа урок ирттерме те çук, ачасен мĕнле пĕлÿ илмелле, мĕнле правило вĕренмелле, урокра мĕн тумалла—вĕсем çук. Тĕплĕ план çырма ыйтсан, вĕсем:

— Мана урок планĕ кирлĕ мар, эпĕ аслисем манран ытти пирки çеç çыратăп,— теççĕ.

Çавăн пек учительсем плана урок ирттерме мар, вĕренÿ пайĕн заведующине е директора кăтартма кăна тăваççĕ. Эпĕ 1952—1953-мĕш вĕренÿ çулĕнче 355 урок итлерĕм. Çакăнтан акă мĕнле вывод тума пулать: урок планĕ мĕнле, урок пахалăхĕ те çавăн пекех. Тĕплĕн шухăшласа, урокăн пур тапхăрĕсене те кăтартса тунă план хатĕрлесен, урок аван иртет. Кам урок планне кĕнеке содержанине çеç тăвать, тĕплĕн шухăшламасть, пурнăçпа çыхăнтармасть, вăл ачасене çителĕксĕр пĕлÿ парать. Кĕнекери пĕлÿ—паянлăх пĕлÿ. Анчах хăшпĕр учительсем çавна шута илмеççĕ, ответлăха туймаççĕ. Вĕсене вĕренекенсем япăх паллă илни пăшăрхантармасть. Пачах урăхла, хăйсен айăпне сирсе яма пăхаççĕ.

Хăшпĕр учительсем вĕрентĕве лайăхрах йĕркелеме тăрăшаççĕ. Анчах вĕсене пĕлÿ сахалли чăрмав кÿрет. Кунта институтсен ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен те калама кирлĕ. Пирĕн республикăра Чăвашсен педагогика институтĕнчен вĕренсе тухнă учительсем нумай ĕçлеççĕ. Калас пулать, çак институт пулас учительсен теорилле пĕлĕвне практикăлла ĕçпе сахал çирĕплетет. Студентсем практикăра пулса занятисем сахал ирттереççĕ, çавна май кирлĕ пек хăнăху илеймеççĕ. Паллах ĕнтĕ, пулас учителĕн чи малтан институтра вĕренмелле. Унтах вĕрентÿ методикине тĕплĕн пĕлмелле. Анчах институт ку тĕлĕшпе начар ĕçлет, студентсен практикăлла ĕçне кирлĕ пек ертсе пымасть.

1952—1953-мĕш вĕренÿ çулĕ умĕн пирĕн шкула Чăвашсен педагогика институтĕнчен вĕренсе тухнă икĕ учитель килчĕç. Вĕсен ĕçлес кăмăл пысăк, хăйсене шанса панă ĕçе юратаççĕ, ачасене çирĕп пĕлÿ парассишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ. Çапах та вĕсен ĕçĕнче институт практикăлла хăнăху сахал пани сисĕнет. Илĕпĕр математика отделенине. Унта математика задачисене шутлас ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ. Институтран вĕренсе тухнă учителĕн вăтам шкул задачникĕнчи тĕслĕхсене пĕтĕмпех шутлама пĕлмелле. Анчах ку тĕлĕшпе ĕçсем начартарах тăраççĕ. Мĕншĕн тесен студентсене тĕрлĕ задачăсем шутлаттарас тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ. Çавăнпа та çамрăк учительсем чылай задачăсене (уйрăмах арифметикăпа) мĕнле шутламаллине пĕлмеççĕ.

Институт шкулсен умне кирлĕ требованисем лартать. Шкулсем ăна йышăнаççĕ. Анчах институтăн шкул лартнă требованисене пурнăçламалла. Институт пур енчен те хатĕрленнĕ учительсем вĕрентсе кăларать пулсан, шкулсем вĕрентÿ ĕçне татăклăнах лайăхлатĕç, институт валли çирĕп пĕлÿллĕ çамрăксем пулĕç.

Учитель лайăх ĕçлетĕр тесен, ăна çителĕклĕ пулăшу пани кирлĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах шкул руководителĕсен тăтăшах ĕçлемелле. Вĕсен учительсем ирттерекен уроксен содержанине тата методикине пĕлмелле, анчах шкулсенче методикăлла литература сахал. Уйрăммăнах вĕсем ялти шкулсенче çителĕксĕр. Çутĕç министерствин методикăлла кăтартăвĕсемпе çырăвĕсем, министрăн приказĕсем шкулсене кая юлса çитеççĕ. 1952—1953-мĕш вĕренÿ çулĕ умĕн РСФСР Çутĕç министрĕн шкулсем пĕрремĕш чĕрĕкре мĕнле ĕçлемелли çинчен приказ тухнă. Вăл пирĕн шкула вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш чĕрĕкĕ пĕтсен кăна çитрĕ.

Вĕренÿ çулне йĕркеллĕ пуçлани шкул ĕçĕнче пысăк вырăн йышăнать. Шкулсенче учительсем çителĕклĕ пулмалла. Ку енĕпе те пысăк чăрмавсем тĕл пулаççĕ. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне пирĕн шкулта 6-мĕш классенче чăваш чĕлхи вĕрентме, 8—10-мĕш классенче урăх çĕршыв чĕлхи вĕрентме учительсем пулман. Çавна пула расписани те нумай хутчен улшăнчĕ. Урăх çĕршыв чĕлхине вĕрентме сентябрĕн 12-мĕшĕнче, чăваш чĕлхине—октябрĕн 20-мĕшĕнче кăна тытăнчĕç. Паллах ĕнтĕ, ку тараниччен уроксене ялан улăштарма тивнĕ. Вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче 4-мĕш класра виçĕ учитель улшăнчĕ. Уйрăм предметсемпе — математика, физика, черчени тата ытти предметсемпе вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче 3—5 учитель вĕрентнĕ. Çапла вара вĕренÿ расписанине 10 хут улăштарма тивнĕ. Ку вăл, пурне те паллă ĕнтĕ, вĕрентÿ пахалăхне начарлатать.

Учительсене час-часах районти тĕрлĕ учрежденисем, организацисем чĕнеççĕ. Çакă вăл учителĕн кулленхи ĕçне чăрмав кÿрет. Телефонпа калаçса татăлма пулакан 5 минутлăха пыракан халапшăн район центрне кайма кирлех те мар пулĕ.

Учительрен нумай ыйтаççĕ. Ку кирлĕ. Анчах ăна тухăçлă ĕçлеме услови туса парасси çинчен те шутлас пулать. Учителе ĕç вăхăтĕнче тĕрлĕ вырăнсене чĕнсе, ĕçрен уйăрассине пăрахăçа кăларас пулать. Пирĕн шутпа районти организацисен, учрежденисен пĕр-пĕр ĕçпе районна ĕç вăхăтĕнче учителе чĕнес пулсан, районти çутĕç пайĕпе килĕштерсе тумалла. Чăваш АССР Çутĕç министерствин çак ыйтăва çывăх вăхăтрах татса пама тăрăшас пулать.

Шкул ĕçĕнчи тепĕр çитменлĕх вăл — хăшпĕр ачасем шкул тулашĕнче тăрса юлни. Шкул çулне çитнĕ ачасене вăхăтра шута илес пулать, вĕренÿ çулĕнче пĕр ача та шкула çÿреме ан пăрахтăр. Çакна çутĕç работникĕсен яланах асра тытас пулать.

Вĕренекенсен пĕлĕвне хакланă çĕрте те çирĕп принциплă пулма тăрăшмалла, ачасен пĕлĕвне ÿстерсе е чакарса хаклани пулмалла мар. Пирĕн шутпа çак ĕçе çутĕç пайĕсемпе вĕсен инспекторĕсем кирлĕ пек йĕркелеме тивĕç. Учительсен ĕç пахалăхне отчетсенчи процентсем тăрăх мар, инспекторсен хăйсен тĕрĕслес пулать. Вăхăтран вăхăта уйрăм шкулсенче пĕр пек текстсем тăрăх çыру ĕçĕсем туса ирттермелле. Кашни шкулăн отметка лартмалли висе пĕр пек пултăр.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ халăха вĕрентес енĕпе пысăк та ответлă задачăсем лартрĕ. Учительсемпе çутĕç органĕсен çак задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн ырми-канми ĕçлемелле.

Г. ВАСИЛЬЕВ,  
Октябрьски районĕнчи Хуранассинчи вăтам шкулăн вĕрентÿ пайĕн заведующийĕ.

# Производствăлла канашлусем—ĕççыннисен творчествăлла пултарулăхне ӳстермелли меслет

Совет çыннисен творчествăлла пуçарулăхĕпе пултарулăхне ӳстерсе пырас ĕçре производствăлла канашлусем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Çав канашлусенче ĕççыннисем производствăри, хуçалăхри çитменлĕхсене палăртаççĕ, шалти резервсене, хăвăрт техникăпа туллинрех усă курма, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма пулăшакан паха сĕнӳсем параççĕ. Пĕрле пухăнса сӳтсе явнă чухне çĕнĕ шухăшсем тупăнсем çуралаççĕ, пĕр-пĕрин опычĕпе, меслечĕпе паллашаççĕ. Производствăлла канашлăва ахальтен мар ĕнтĕ малта пыракан опыта сармалли, аялтан килекен критикăна вăйлатмалли трибуна, теççĕ.

Умра тăракан задачăсене, халиччен тунă çитĕнӳсемпе çитменлĕхсене пĕрле пухăнса сӳтсе явасси фабрикăсемпе заводсенче, стройкăсенче йăлана кĕнĕ. Ăна хамăр республикăри тĕслĕхсенчен те курма пулать. Шупашкарти пир-авăр фабрикинче кăçал вуншар канашлу иртнĕ, унта пулнă кашни виç-тăватă çынтан пĕри тухса каланă. Рабочисем активлă пулни вĕсен сĕнĕвĕсене пурнăçа кĕртсе пынинчен нумай килет. Тĕслĕхрен, кăçалхи пĕррĕмĕш кварталта пурĕ 163 сĕнӳ панă, вĕсенчен 112 сĕнĕвне çав кварталтах пурнăçланă, ыттисене те хут çинче хăварман.

Канашри вагонсем юсакан заводăн электростанцинчи профсоюз комитечĕ (председателĕ Красовский юлташ) коллективăн творчествăлла активлăхне пур майсемпе те ӳстерсе пыма тăрăшать. Рабочисем, инженерсемпе техниксем оборудованине татти-сыпписĕр ĕçлеттерессишĕн кĕрешнĕ вăхăтрах электроэнерги ытларах туса кăларма, çĕр кăмрăкĕ перекетлеме, электроэнергин хăйне ларакан хакне йӳнетме пулăшакан майсене палăртаççĕ, рационализаторла сĕнӳсем нумай параççĕ. Производствăлла канашлусенче (вĕсене план тăрăх ирттереççĕ) социализмла обязательствăсене мĕнле пурнăçлани, малта пыракансен опычĕпе усă курни, производство культурине ӳстересси çинчен сӳтсе яваççĕ. Мĕнле ыйтусем кун йĕркине кĕртесси çинчен профсоюз комитечĕ цех начальникĕпе калаçса татăлать. Канашлу хăçан пуласси, унта мĕнле ыйтусем сӳтсе явма палăртни çинчен пурне те малтанах пĕлтереççĕ. Кашни работникăн сĕнĕвне журнал çине çыраççĕ. Çав сĕнӳсене администраци мĕнле пурнăçласа пынине профсоюз комитечĕ тăтăшах тĕрĕслесе тăрать.

Профсоюз организацийĕ, парторганизаци куллен ертсе тата пулăшса пынипе, социализмла ăмăртăва, самокритикăпа аялтан килекен критикăна сарма, кашни рабочи валли тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса пама тăрăшать. Электростанци электроэнерги туса кăлармалли çур çулхи плана ирттерсе тултарнă, пилĕк уйăх хушшинче 180 тонна çĕр кăмрăкĕ, 22.800 тенкĕ укçа перекетленĕ.

Чылай предприятисенче, стройкăсенче тата учреждениссенче производствăлла канашлусене сайра хутра тата лайăх хатĕрленмесĕр ирттереççĕ, нумай çĕрте яланах пек пĕр ыйту—иртнĕ уйăхри ĕç итогĕсем çинчен сӳтсе яваççĕ. Çитменлĕхсене пĕтерме тата тухăçлăрах ĕçлеме пулăшакан сĕнӳсене çырса пыманни, вĕсене пурнăçламанни рабочисен кăмăлне хуçать, активлăхне чакарать. Куславккари суртсем тăвакан завода илер. Кунта коллектива хумхантаракан ыйтусене, уйрăмах производствăна финанс планне пахалăх кăтартăвĕсем тăрăх тултарса пырасси çинчен сайра сӳтсе яваççĕ. Цехсенче иртterекен чылай производствăлла канашлусем рабочисен кăмăлне каймаççĕ, мĕншĕн тесен унта йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине, палăртнă çитменлĕхсене мĕнле пĕтерсе пынине профсоюз организацийĕсем тĕрĕслесе тăмаççĕ, коллективла договора пурнăçлама администраци хистĕмеççĕ. Кăçалхи пĕррĕмĕш кварталта рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем 86 сĕнӳ панă, вĕсенчен ултăшне кăна пурнăçа кĕртнĕ. Дирекципе цехсен руководителĕсем малта пыракансемпе новаторсен ĕçри лайăх тĕслĕхĕсене тата малалла кайма май паракан пуçарăвĕсене сарма кирлĕ пек пулăшмаççĕ.

Хăшпĕр профсоюз тата хуçалăх руководителĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисенчен тивĕçлĕ вывод туман пулас. Съездра тунă отчетлă докладра Г. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Сĕнни киввипе, малта пыраканни кая юлнипе кĕрешнĕ чухне çĕнĕ общеcтвăлла строя тăвакан вăйсене курни кăна мар, çав вăхăтрах вăл вăйсене яланах ӳстерсе пыни, вĕсене пур майсемпе те аталантарма тăрăшни, малалла ăнăçлăн кайса пырас тесе, вĕсене ырми-канми организацилесе, лайăхлатса пыни кирлĕ». Профсоюз организацийĕсен пурнăçра çуралакан çĕнĕ вăйсене, патриотла пуçарусене пур майсемпе те сарма тăрăшмалла, рабочисен сĕнĕвĕсем çине бюрократла, чиновникла пăхнине хирĕç вирлĕн кĕрешмелле.

«Чувашлес» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсенче çĕнĕ техникăна алла илнĕ механизаторсен кадрĕсем сахал мар. Уйрăм стахановецсем, новаторсем Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура малти вырăна тухаççĕ, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма пулăшакан сĕнӳсем параççĕ. Вăрманпа хут промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн обкомĕ вăрманпромхозсенче производствăлла канашлусем мĕнле иртternипе юлашки виçĕ çул хушшинче пачах интересленмен тени тĕрĕсрех пулать. Хăшпĕр вăрманпромхозсенчи рабочком председателĕсен опыт сахал, теприсем—рабочисемпе тачă çыхăну тытса, актив çине таянса ĕçлеме пĕлмеççĕ. Профсоюз обкомĕ вĕсене пысăк пулăшу пама пултарать, памалла та. Производствăлла канашлусем ирттерес ĕçри паха опытсемпе çитменлĕхсене пĕтĕçтерсе обком президиумĕн ларăвĕсенче сӳтсе явни рабочкомсен ĕçне çĕнетсе лайăхлатма пулăшнă пулĕччĕ.

Хăшпĕр çĕрте производствăлла канашлусене ячĕшĕн çеç, кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче ирттереççĕ. Васканипе хускатакан ыйтусене тĕплĕн сӳтсе явмаççĕ, решенисем çырса йышăнмаççĕ. Паллах, çавăн пек тунин усси çук, руководительсем кам мĕн çинчен каланине пĕр-ик кунтанах манса кайма пултараççĕ.

Профсоюз организацийĕсен производствăлла канашлусенче йышăннă решенисен витĕмлĕхĕшĕн тăрăшмалла. Хăшпĕр завкомсемпе фабкомсем тата постройкомсем рабочисем критикленине шута илмеççĕ, паха сĕнӳсене, решенисене пурнăçламаннине хирĕç кĕрешмеççĕ. Протоколсене кам мĕн çинчен каланине йĕркеллĕ çырса пыманни решенисене мĕнле пурнăçланине, тĕрĕслеме, кама мĕнле пулăшу памаллине аса илме кансĕрлет. Маларах йышăннă решенисене тата панă сĕнӳсене мĕнле пурнăçлани çинчен пухусенче е канашлусенче отчет туса пани ĕççыннисен активлăхне тата кăмăлне ӳстерет.

Хамăр ĕçе малалла ăнăçлăн туса пырас тесен пирĕн бюрократизма, формализма хирĕç татăклăн кĕрешмелле, совет çыннисен тимлĕхне ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес сулпа ямалла, çавна тума самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна анлăн вăйлатса пымалла.

Аялтан килекен критика хăй тĕллĕнех, хăйне майăнах аталанма пултараймасть. Тĕрĕс критиклесе калакан кашни çын пирĕн организацисем пулăшасса шанса тăтăр, вăл хăй кăтартса панă çитменлĕхсене чăннипех пĕтерсе пынине курса ĕнентĕр,—çак условисенче кăна аялтан килекен критика ӳссе тата сарăлса пыма пултарать.

Профсоюз организацийĕсен ĕç çине çиелтен, чиновникла пăхса, ĕççыннисен пуçарăвне путаракан руководительсем çинчен рабочисен пĕрлехи пухăвĕсенче сӳтсе явмалла, тивĕçлĕ мерăсем йышăнма парти организацийĕсене пĕлтермелле.

Хăшпĕр çĕрте бригадăсенче тата цехсенче çеç канашлусем ирттереççĕ. Малта пыракан предприятисенче уйрăм профессисем тăрăх ĕçлекенсене тата темиçешер цехсене пĕрлештерсе канашлусем ирттереççĕ. Çавăн пек туни резервсемпе туллин усă курма, производствăна пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлеттерме пулăшать.

Производствăлла канашлусене план тăрăх ирттерес пулать. Хăçан тата мĕнле ыйтусем сӳтсе явассине фабкомсемпе завкомсен хуçалăх руководителĕсемпе пĕрле хăйсен ларăвĕсенче пăхса тухса çирĕплетмелле.

Хуçалăх руководителĕсем, инженерсемпе техниксем производствăлла канашлусенче пулма, вĕсене активлă иртterme пулăшма тивĕçлĕ. Предприятисемпе стройкăсенчи парторганизацисен рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем паракан сĕнӳсене çийĕнчех пăхса тухса пурнăçа кĕртме профсоюз организацийĕсене пулăшмалла.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# Хурт-хăмăр ĕрчетесси çинчен

Пирĕн колхозсем çултан-çул вăйланса пыраççĕ. Ялхуçалăх ĕçченĕсем вăйлă тырпул çитĕнтереççĕ, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстереççĕ. Артельсен хуçалăхĕнче хурт-хăмăр ĕрчетес ĕç те чылай пысăк вырăн йышăнса тăрать. Хурт-хăмăр ĕрчетни колхозсене экономика тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетсе пыма пулăшать.

Республикăри нумай колхозсем, малта пыракансен опычĕпе усă курса, хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе ăнăçлăн аталантарса пыраççĕ. 1952 çулта республикăри 20 районти колхозсем пыл илмелли плана чылай иртterse тултарчĕç.

Чылай колхозсен утарĕсенче пыл хурчĕсен йышĕ пысăк. Йĕпреç районĕнче кашни утарта вăтам шутпа 158 йыш, Çĕмĕрле районĕнче 108 йыш шутланать. Анчах хăшпĕр районсенчи колхозсен утарĕсенчи хурт йышĕсем сахал. Муркаш районĕнче кашни утарта вăтам шутпа 42 йыш, Октябрьски районĕнче 30 йыш кăна. Муркаш районĕнчи «Аврора» колхозăн тата ытти колхозсен утарĕсенче темиçе çул хушши ĕнтĕ 4—12 йышран иртмест. Ку колхозсем пыл хурчĕсенчен усă курманна пĕрех, мĕншĕн тесен унта хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе туса пыракан уйрăм çын çук. Хуртсене пăхас ĕçе кладовщиксем, конюхсем, бригадирсем, урăхла каласан, хурт-хăмăр ĕçне пĕлмен çынсем туса пыраççĕ. Вĕсем утарта туса ирттермелли ĕçсене вăхăтра тăваймаççĕ, вĕлле хурчĕсене начар пăхаççĕ. Утарти вĕллесенчи магазинсене е иккĕмĕш корпуссене лартма 2—3 кун каярах юлсан, кашни йышран 10—20-шер килограмм пыл çухалать.

Пĕчĕк утарсене пысăклатма пирĕн республикăри колхозсенче условисем çителĕклĕ. Кашни колхозрах хурт-хăмăр енĕпе ĕçлекен, çав ĕçе юратакан колхозника тупма пулать. Хăшпĕр колхозниксене хурт-хăмăр ĕçне вĕренмелли курссене ямалла.

Хурт-хăмăр ĕçне аталантарса пырса, колхозсем паха продуктсем—пылпа кăвас илеççĕ. Унсăр пуçне, вĕлле хурчĕсем ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне нумай ӳстерме пулăшаççĕ. Паллă ĕнтĕ, хĕрлĕ клеверăн, люцернăн, çавăн пекех улмаçырла культурисен хăйсем тĕллĕн шăркаланăн чухне вăррисем питĕ сахал е пачах пулмаççĕ. Çак культурăсене вĕлле хурчĕсен пулăшнипе шăркалантарсан вăрăлăх тухăçлăхĕ чылай пысăкрах пулать. Вĕлле хурчĕсен пĕр килограмм пыл пухассишĕн 6.000.000 чечек çине вĕçсе пыма тивет. Нектар тата чечек тусанĕ пухнă чухне вĕлле хурчĕсем чечек тусанне пĕр чечек çинчен тепĕр чечек çине илсе пыраççĕ. Çакă вăл вăрлăх тухăçлăхне ӳстерет.

1952 çулта Муркаш районĕнчи «Ударник» колхозра вĕлле хурчĕсем шăркалантарнă участоксем çинчен кашни гектартан 10,6 центнер хуратул пухса кĕртнĕ. Хуртсем шăркалантарман участоксем çинчен хуратул 3,8 центнер кăна тухнă. Комсомольски районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз вĕлле хурчĕсем шăркалантарнă участоксем çинче гектартан 2,5 центнер хĕрлĕ клевер вăрри пухса кĕртнĕ, хуртсем шăркалантарман участоксенчен 1,2 центнер кăна пулнă.

Хуратул, хĕрлĕ клевер, люцерна акмалли çĕр лаптăкĕсене аслăлатнă май, кашни колхозрах утар пулмалла. Анчах хальхи вăхăтра республикăри колхозсен 16 проценчĕн утарсем çук.

Çĕнĕ утарсем тума кирлĕ условисем çителĕклĕ. Ку ĕç çине вырăнти партипе совет организацийĕсем тата колхозсен руководителĕсем тимлĕн пăхни кăна кирлĕ.

Çĕнĕ утарсем тунипе пĕрлех вĕлле хурчĕсен йышне лайăхлатма, вĕсен тухăçлăхне ӳстерме тăрăшас пулать. Республикăри малта пыракан колхозсенче вăйлă йышсенчен çулсерен 40—70-шер килограмм пыл илеççĕ.

Пирĕн республикăри условисенче чи нумай пыл илмелли вăхăт июль уйăхĕ шутланать. Çак уйăхра сахал йышлă çемьесем ӳссе тĕреклеnеççĕ. Пĕчĕк йышлисем вăй илнĕ çĕре пыл илмелли вăхăт вĕçленет. Ун пек вĕлле хурчĕсем çуркунне тĕлне каллех вăйсăрланса çитеççĕ. Хурт-хăмăр ăстисем тивĕçлĕ пулăшу памасан, çав йышсем çултан-çул вăйсăр пулса юлаççĕ. Хальхи вăхăтра хурт-хăмăр ăстисен вăйсăр йышсене çăвăр хуртсен шучĕпе вăйлатса пымалла. Хуртсене вăйлă та пыл нумай пухакан йышсенчен кăна суйласа илмелле.

Хĕле кĕнĕ чухне хуртсем валли пыл çителĕклĕ хăвармалла. Вĕллесене лайăх ăшăтас пулать. Çителĕклĕ таран апат хăварманни хуртсен йышне вăйсăрлатать, чакарать.

Хăшпĕр колхозсен карас çителĕксĕр пулать, çавна пула пыл нумай çухалать. Хурт йышĕ пĕр кун хушшинче 5—8 килограмм нектар пуçтарма пултартăр тесен, икĕ магазин, урăхла каласан, 24 рама кирлĕ. Анчах чылай колхозсенче çакна пурнăçламаççĕ, рамăсем сахал лартаççĕ.

Вĕлле хурчĕсене çуркуннепе кĕркунне ăшăра усрасан пыл ытларах перекетленет, хурт йышĕ ытларах пулать.

Пирĕн республикăри уй-хирлĕ районсенче утарăн пĕр участокĕнче 60 йышран ытла мар, вăрманлă районсенче 80 йышран ытла мар усрамалла. Пĕр утарпа тепĕр утар хушши икĕ километртан кая мар пулмалла. Çав вăхăтрах Комсомольски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан тата «Красный маяк» колхозсенче пĕр участокра 110—123 йыш усраççĕ. Хăшпĕр чухне районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсем тĕплĕн шута илмесĕр колхозсене утар валли участоксем суйласа илме ирĕк параççĕ. Утарсем пĕр-пĕринчен çывăхра пулсан, вĕлле хурчĕсемшĕн апат çити-çитми кăна пулать. Çавна шута илмесĕр тăма юрамасть.

Ытларах пыл илес тесе, Красноармейски, Вăрмар, Чкаловски тата ытти районсенчи чылай колхозсем тĕрлĕ сроксенче фацели акса хăвараççĕ. Фацелине викăпа тата сĕлĕпе хутăштарса аксан выльăх валли те лайăх апат пулать.

1952 çулхи сезонта вĕлле хурчĕсен йышне ӳстермелли плана 7 районти колхозсем тултарнă. Нумай колхозсем çав плана вĕллесем çук пирки кăна тултарма пултараймаn. Пур колхозсен те вĕллесем вăхăтра тума е туянма тăрăшмалла.

Вĕлле хурчĕсене икĕ корпуслă вĕллесенче усрани пыл тухăçлăхне 40—50 процент ӳстерет. Комсомольски районĕнчи Ульянов ячĕпе тăракан колхозри хурт пăхакан П. Романов юлташ икĕ корпуслă 10 вĕллерен 70-шер килограмм пыл илнĕ, пĕр корпуслă вĕллесенчен 36-шар килограмм кăна пыл тухнă. Пăрачкав районĕнчи «Факел» колхоз икĕ корпуслă 32 вĕллерен кашнинчен 65-шер килограмм пыл илнĕ. Пĕр корпуслă вĕллесенчен 32-шер килограмм кăна пыл илме пултарнă. Çак фактсем икĕ корпуслă вĕллесемпе усă курмалли çинчен калаççĕ.

Хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçре вĕлле хурчĕсен чирĕ (гнилец) пысăк сиен кӳрет. Хуртсен чирне хирĕç хурт пăхакансем кăна мар, ветеринари работникĕсем те кĕрешмелле. Чирлĕ хуртсене тепĕр колхоза сутма, чирлĕ хуртсен пылне ытти колхозсенчи хуртсем валли сутма юрамасть.

Вырăнсенчи ертсе пыракан органсем хурт-хăмăр ĕçĕпе куллен интересленни, ку ĕçре колхозсене пулăшни кирлĕ.

**Л. КУДРЯВЦЕВА,**

Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин хурт-хăмăр енĕпе ĕçлекен главнăй зоотехникĕ.

# Совет саманин аслă поэчĕ

Совет самани вăхăтĕнчи аслă поэтăн Владимир Владимирович Маяковскин поэзийĕ совет çыннисен чун-чĕрине çулсерен ытларах хумхантарма тытăнать, унăн вăй-хăвачĕ ӳссех, сарăлсах пырать. Поэт пултарулăхне пĕтĕм халăх, уйрăмах çамрăксем питĕ хытă юратаççĕ. Революци трибунĕн поэзийĕ тĕнчери ĕççыннисем хушшинче те анлăн сарăлчĕ. Пирĕншĕн Маяковскин сăввисемпе поэмисем коммунизм тунă çĕрте çивĕч те хăватлă хĕçпăшал пулса тăраççĕ, халăхпа çĕршыв тăшманĕсене питлеме, путарса пыма пулăшаççĕ.

Маяковский хăйĕн пĕтĕм поэзине политикăлла кĕрешӳпе, халăх интересĕпе, политикăлла агитаципе, Тăван çĕршыв умĕнче тăракан пысăк задачăсемпе таччăн çыхăнтарнă. Классикла литературăн пуянлăхĕпе усă курса, поэт хăйĕн поэзине революципе çуралнă çĕнĕ сăмахсемпе çĕнĕ терминсем кĕртет, ăна вăл каласуллă поэзи туса хурать, сăвă йĕркине политикăлла лозунгсемпе тата публицистикăпа пуянлатать. Поэт чĕлхи—рабочисен, салтаксен, матроссен — митингсен чĕлхи пулса тăрать. Çаксем пурте поэзи тĕллевне калама çук сарса яраççĕ, ăна революцилле содержанипе пуянлатаççĕ, ун умне çĕнĕ задачăсем кăларса тăратаççĕ.

Маяковскин новаторла ĕçĕ çĕнĕ самана тĕллевĕсемпе пĕтĕçсе тăнă. Çакă ăна иксĕлми вăй-хăват панă. Кивĕ тĕнчене аркатасси, халăхăн ирĕклĕ ĕçне çирĕплетесси, парти кăтартнисене пурнăçа кĕртесси—акă мĕнле пысăк задачăсем лартнă Маяковский хăй умне. «Сăвăпа юрă вăл—бомба та, ялав та, юрăç сасне класс вăйлатать», тенĕ вăл пĕр сăввинче. «Сăмах вăл—çынсене ертсе пыракан вăй», «перона эп штыкпа танлаштарасшăн», тесе каланă поэт.

Маяковский сăввисен хăвачĕ пуриншĕн те паллă: вĕсем чун-чĕререн ярса илеççĕ, çĕнĕ туйăмсем çуратаççĕ, çыннăн шухăшне вăратаççĕ, ĕçе чĕнеççĕ. Вăл çырнă художествăлла сăнсем пире хăйсен çĕнĕлĕхĕпе тĕлĕнтереççĕ, яр-уççăн курăнаççĕ, ĕмĕрлĕхе асра юлаççĕ. Вулакан поэтпа пĕрлех савăнать те, хуйхăрать те, юратать те, тунсăхлать те, мухтать те, ылханать те. Чăн-чăн поэзи вăл хуть хăçан та çапла пулмалла та.

Маяковский пултарулăхĕ—патриотизмла пултарулăх, унăн сăввисенче эпир поэт Тăван çĕршыва вĕçĕ-хĕррисĕр юратнине куратпăр. Акă мĕн çырнă поэт:

Эп куртăм, юлташ,
Илемлĕ çĕрсем.
Айвапа инжир унта
Ӳсетчĕç хитрен.
Çапах та ман
чун хускалман.
Анчах,
халăхпа пĕр пулса,
Пульăпа,
пăшалпа
туртса илнĕ çĕре,
сурантан
ху сыватнăскере,
пĕтĕм чунтан юратан.
Уншăн
ĕçе те,
праçнике те
хаваслăн утан,
пуçна хума та
хатĕр тăран.

Маяковский хăйĕн сăввисемпе, поэмисемпе, пьесисемпе, статьисемпе тата политикăлла сатирипе кивĕ тĕнче юлашкисене—пире мала утма чăрмантаракансене питĕ хаяррăн питлĕнĕ. «Пирĕн çĕр çинче тĕрлĕ сĕтĕрĕнчĕксем питĕ нумайăн çӳреççĕ, анчах та эпир вĕсен хӳрине цăрса лартатпăр», тесе çырнă поэт. Вăл нимĕнле кĕрешӳрен те хăраса тăман, хамăрăн тӳрĕ ĕç çĕнтересси ялан çирĕппĕн шанса тăнă.

Паянхи кунпа таччăн çыхăнса тăрса, Маяковский ыванма пĕлмесĕр малаллăха çул уçса пынă. Вăл коммунизм çĕнтересси не пĕр иккĕленмесĕр шанса тăнă. Хăйĕн сăввисем «коммунизм инçетне» çитессе шанса, пулас йăхсемпе «чĕрĕ çын пек» калаçасса шанса, поэт «сăвăсене эп коммуна çӳлĕшĕнчен хаклатăп», тесе каланă.

Аслă поэтăн пултарулăхне тĕплĕн ăнланас тесен, унăн пурнăçĕпе, шухăшкăмăлĕпе, туйăмĕсемпе тĕплĕн паллашас пулать, мĕншĕн тесен поэт пултарулăхĕ хăй курнă, хăй тӳссе иртternĕ событисемпе пĕтĕçсе тăрать.

В. В. Маяковский 1893 çулти июлĕн 19-мĕшĕнче Грузире, Кутаиси кĕпĕрнинче, Багдади ялĕнче лесничий семйинче çуралнă. Вăл гимназире вĕреннĕ чухнех 1905 çулти революцилле демонстрацисене хутшăннă. Çак хĕрӳллĕ кунсем пулас поэт асне ĕмĕрлĕхех кĕрсе юлнă.

1906 çулти февральте Маяковскин ашшĕ—Владимир Константинович вилнĕ. Çемье Мускава куçать, йывăр пурнăç тапранать. Çавăнпа та поэт, тертлĕ кунсене аса илсе, çапла çырнă:

Эп
мăнтăр çынсене
ачаранпах кураймаn:
пĕр татăк çăкăршăн
эп сулăннă вăйран.

Мускавра вунпилĕк çулти Маяковский, революци енне тăнă студентсем пулăшнипе, РСДРП-ăн (большевиксен) вăрттăн ĕçлекен ушкăнне хутшăнать. Парти комитечĕ хушнипе Маяковский наборщиксем, атă çĕлекенсем, булка пĕçерекенсем хушшинче агитацилле ĕçсем туса пырать. 1908—1909 çулсенче поэта виçĕ хутчен арестлеççĕ. Юлашки хутĕнче вăл Бутырски тĕрмере темиçе уйăх пĕччен лармалли камерăра ларать. Савăнта вăл малтанхи сăввисене çырать, анчах та вĕсем упранса юлайман. Мускав полицийĕ çамрăк Маяковские Сурçĕре—Нарым крайне виçĕ çуллăха ссылкăна ярасшăн пулнă, поэта çул çитменни çăлса хăварнă. Апла пулин те ун хыççăн тăтăшах полицейскисем йĕрленĕ.



*В. В. Маяковский çуралнăранпа 60 çул çитнĕ май*

Çак асап, терт, тарăху поэт тавракурăмне сарса пынă. Пусмăрти пурнăç уншăн аслă шкул пулса тăнă, вăл ăна малашне революци поэчĕ, коммунизм поэчĕ пулса тăма пулăшнă.

1911 çулта Маяковский Мускаври живопись училищине вĕренме кĕрет. Çак вăхăтра вăл Бурлюк, Крученых, Хлебников футуристсемпе паллашать, вĕсен формалистла, хăлтăр-халтăр пушă поэзийĕпе интересленме тытăнать. Футуристсем, буржуалла культурăна хирĕç пыратпăр, ăна кисрететпĕр тесе, самана карапĕ çинчен Пушкин, Достоевский Толстой çырнисене кăларса пăрахмалла тесе кăшкăрнă. Çакă Маяковскин пысăк йăнăшĕ пулнă, поэт çав вăхăтра политика енчен писсех çитеймен пулнă.

Футуризм вăл çĕрсе пыракан буржуалла культурăн пĕр юхăмĕ пулнă, вăл ĕççыннисен ăс-тăнне сĕрĕмлетсе, вĕсене политикăлла кĕрешӳрен пăрса пынă. Футуристла эстетсем пĕчченлĕхе, нишлĕлĕхе, тасти пĕлĕт леш енчи «пурнăçа» мухтанă. Сакна вĕсем «искусство—искусствăшăн» текен лозунгпа витсе тăнă. Пирĕн кунсенче çакăн пек çĕрĕк юхăм Америкăри буржуалла культурăра анлăн сарăлса пырать. Шухăшсăр, буржуалла искусствăшăн тăракансем пирĕн çĕршывра та пулкаланă. Вĕсене пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ 1946 çулта хăйĕн «Звезда» тата «Ленинград» ятлă журналсем тĕлĕшпе йышăннă постановленийĕнче тăрă шыв çине кăларчĕ.

Маяковский, хăй çамрăк пулнă пирки, футуристла юхăм халăха, революцие хирĕç пынине ăнланса илме пултараймаn. Анчах та футуристсемпе пĕрле ăна тăвăр пулнă, вăл халăх еннех, революци еннех туртăннă. Ирĕклĕх килессе, часах революци пуласса поэт çирĕппĕн шанса тăнă. Футуристла шăкăр-макăр хушшинче вăл улăп пек курăннă. Çапах та футуризм влиянийĕ поэтăн çамрăк чухнехи творчествинче сисĕнмеллех палăрнă.

Маяковские «тĕпчекен» С. Трегуб, А. Колосков тата ыттисем те поэт пултарулăхĕнче нимĕнле футуризм та палăрмасть тесе сӳпĕлтетеççĕ. Поэт яланах социализмла реализм çулĕ çинче тăнă тесе çыраççĕ вĕсем. Çакă вăл поэтăн чăнчăн сăн-сăпатне тĕссĕрлетет, поэта Октябрьти социализмла революци тата Коммунистсен партийĕ тĕрĕс çул кăтартса панине путарса лартать.

Маяковский—совет самани вăхăтĕнчи чи талантлă, чи лайăх поэт. Ăна Трегубсем пек «хӳтĕлени» никамшăн та кирлĕ мар.

Маяковский пĕр тăруках, сасартăках аслă поэт пулса тăрайман. Унăн пултарулăхне, унăн ӳсĕмне аталантарма ăна совет литературин никĕсне хываканĕ А. М. Горький нумай пулăшнă. Аслă Горький Маяковские капитализмла тĕнчен ирсĕрлĕхне питленишĕн, юнлă вăрçа хирĕç тăнишĕн ырланă. Вăл ăна ырă канашсем панă, çĕнĕ темăсене ăнланса илме пулăшнă. Поэт «Этем», «Вăрçăпа мир» тата «Йĕм тăхăннă пĕлĕт» ятлă поэмăсенче мул тĕнчине калама çук хаяррăн питлет. Çапла вара Маяковский вăрттăн ĕçлекен революционерсемпе тĕл пулнине пула, Горькипе туслашнине пула Аслă Октябрь революцине çунатланса кĕтсе илет.

Революци çĕнтерни поэта çĕнĕ вăй парать, творчествăлла çĕнĕ меслетсем шырама хистет, Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан халăхăн историлле вăй-хăватне ăнланса илме пулăшать, чăнлăх çĕнтерсес пынине кăтартса парать.

Поэт хăйĕн чаплă «Сулахай маршне» çырать, Россияри телеграф агентстви валли сăвăсемпе карикатурăллă картинăсем çырать, поэтсене çĕнĕ искусство тума, республикăна ура çине тăма пулăшма чĕнет.

1918 çулта поэт «Мистерия Буфф» ятлă пĕррĕмĕш совет пьесине çырать, ăна Петербургри рабочисемпе салтаксем ноябрĕн 7-мĕшĕнче пăхнă.

Поэтăн пултарулăхĕнче çаплах-ха футуризм юлашкисем палăрнă, анчах та вĕсенчен вăл хăтăлсах пынă, сасси те тĕрекленнĕ, идейăлла шайĕ те ӳссех пынă. Çакна «Ларса юлнисем» ятлă сăвва В. И. Ленин пысăк хак пани те лайăх кăтартса парать.

Каярахпа поэт «Владимир Ильич Ленин» ятлă поэма çырать. Çак поэма çĕршыв пурнăçĕнче культурăллă событи пулса тăнă. Поэмăра Ленинпа халăх, халăхпа парти пĕр таччăн пĕтĕçсе тăраççĕ. Çак поэма вăл Коммунистсен партине, унăн вилĕмсĕр ĕçне мухтаса çырнă юрă пулса тăрать.

Поэмăра событисене çав тĕрлĕ анлăн та тарăн, çав хушăрах Ленин сăнне хумханулăн та хăюллăн, чĕррĕн те чăн поэтла кăтартса панă. Ленинизм вилĕмсĕрлĕхĕ çинчен Маяковскинчен лайăх калама та çук:

Ленин
халь те
чĕррисенчен те чĕрĕ.
Вăл —
пирĕн ăс-хакăл,
хăват,
хĕçпăшал.

Поэт Тăван çĕршыва вĕçĕ-хĕррисĕр юратни, унпа хĕпĕртени-мухтанни уйрăмăнах Америкăри мул хуçисене ылханса çырнă «Бродвей», «Бруклин кĕперĕ», «Ирĕк памастпăр», «Небоскреб шалтан пăхсан» сăвăсенче питĕ лайăх курăнать. Америка «цивилизацине» поэт питĕ хытă тĕксе илнĕ: «Кунта эпĕ 7 кун çухрăма малалла килеп тесе ĕмĕтлентĕм, анчах та 7 çула юлнă каяшлăха килсе çитрĕм», тенĕ вăл.

Маяковский Тăван çĕршыва пĕтĕм чунчĕрипе юратни «Совет паспорчĕ çинчен» сăвăра яр-уççăн палăрать:

Вулăр,
ăмсанăр
паллăр мана ун çинче:
Эп —
Совет Союзĕн
гражданинĕ.

Октябрь революцийĕ вунă çул тултарнă тĕле поэт «Лайăх» ятлă пысăк поэма çырать. Çав поэмăра вăл Совет çĕршывĕ вунă çул хушшинче тунă çитĕнӳсене тĕлĕнмелле илемлĕн сăнласа кăтартать, вулакансен чун-чĕрине савăнтарать. Революцишĕн пуç хунă паттăрсене совет çыннисен ячĕпе поэт çапла асăнать: «Çывăрăр лăпкăн, паттăр çынсем... Кам чăрмантартăр сире? Кирлĕ пулсассăн, штыксем çĕклесе, утăпăр эпĕр харсăр ретре».

Поэмăн хастарлă та савăнăçлă йĕркисене вуласа тухатăн та вĕсем ĕмĕр манми асра юлаççĕ:

Çĕр сула çитиччен
Ӳсĕпĕр çĕр çинче.
Çултан-çул ӳсме пил,
Сĕн хаваслă сĕн кил.
Мухтăр гербăмăра —
Мăлатук ĕмĕрне,
Мухтăр сăввăмăра —
Çамрăклăх çĕршывне.

Поэт-патриот халăхсем хушшинчи туслăха мухтанă, чăн-чăн интернационалист пулнă. Вăл Америкăра пурăнакан мĕскĕн негр çыннине те хӳтĕленĕ, телейсĕр француз хĕрарăмне те хĕрхеннĕ. Вăл хăйне Япони чийисем умĕнче те, Багдадăн сенкер пĕлĕчĕсем умĕнче те парăмлă тесе шутланă. Поэт пурне те курасшăн, пурин çинчен те çырасшăн пулнă.

Поэт империалистсен тискерлĕхне витĕр курса тăнă, совет çыннисене тимлĕ пулма, сыхă тăма чĕннĕ, «Вунă çул юрри», «Никам çĕнейми хĕçпăшал», «Хатĕр тăр», «Сыхлăх маршĕ» ятлă чаплă сăвăсем çырнă.

Маяковский поэзийĕ—социализмла реализм çинче никĕсленсе тăракан поэзи. Вăл пушă вырăнта çуралма пултарайман, вăл классикла вырăс литературин сĕткенĕсемпе ӳссе, аталанса пынă, Пушкинăн, Лермонтовăн, Некрасовăн гражданла поэзин традицийĕсене малалла илсе пынă. Маяковскин поэзийĕ—вырăссен наци поэзийĕн çĕнĕ тапхăрĕ пулса тăрать.

Классикла поэзие пăхăнса, çĕнетсе пырса, поэт çĕнĕ формăпа çырма тытăннă, сăмахсене, шухăш тăрăх пайласа, пĕр тăтăш ретрен мар, картлашка пек антарса пынă. Çакă кирлĕ вырăнсене уйрăммăн вăйлатса калама е вулама пулăшнă. Поэт никама та ман пек çырăр тесе каламан, вăл «пире тĕрлĕ те лайăх поэтсем кирлĕ», тенĕ, вĕсене пысăк идейăллă пулма, илемлĕ те вăйлă çырма, çĕнĕ темăсене çĕнĕлле çутатма чĕннĕ.

Маяковский традицине тытса пырас тени ун формипе çырмалла тенине пĕлтермест. Ун пек çырас тесен, чăн малтан поэт хăйĕн сăввисемпе коммунизм тăвас ĕçе хĕрӳллĕн хутшăнмалла, кив тĕнчерен юлнă йăласене питлемелле, халăхпа, партипе таччăн пĕтĕçмелле, «рабочисен ретĕнче хăйĕн вырăнне» тупмалла, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн пĕтĕм талант хăвачĕпе ĕçлемелле, кĕрешмелле. Çакăнпа пĕрлех поэт хăйĕн ăсталăхне, чĕлхе пĕлĕвне тăтăшах ӳстерсе пымалла, творчествăлла çĕнĕ меслетсем шырамалла. Çавăн чухне вăл аслă халăха тивĕçлĕ паха произведенисем пама пултарать.

Пирĕн чи лайăх поэтсем Маяковскин традицине çирĕппĕн тытса пыраççĕ.

Мускавра пулса иртнĕ писательсен канашлăвĕнче хăшпĕр критиксем Маяковскин традицине сăвăсене картлашкаласа çыракан Н. Асеевпа С. Кирсанов поэтсем çеç тытса пыраççĕ тесе ĕнентерме тăрăшрĕç. Вĕсен шучĕпе пирĕн чи лайăх та чи чаплă поэтсем—А. Твардовский, М. Исаковский, К. Симонов, Н. Тихонов, С. Щипачев вара Маяковскин традицине тытса пымаççĕ пулать. Чăннипе илсен, шăп та шай çак поэтсем аслă поэтăн поэзине малалла илсе пыраççĕ. Çав критиксен сиенлĕ шухăшне канашлу тĕпĕйĕрĕпех сирсе пăрахрĕ, ăна тăшманла шухăш тесе хакларĕ.

Маяковский поэзийĕ пирĕн поэзишĕн те тата тĕнчери малта пыракан поэтсемшĕн те иксĕлми çăлкуçĕ пулса тăрать, вĕсене хăйĕн витĕмлĕхĕпе хастарлатать. Назым Хикмет, Иоганнес Бехер, Эми Сяо—вĕсем пурте Маяковскин традицине сарса, аталантарса пыраççĕ.

Владимир Маяковский пултарулăхĕ совет çыннисене коммунизм тăвас ĕçре хăват парса тăрать. Унăн ячĕ ĕмĕр-ĕмĕрех чĕрĕ пулĕ.

**Н. АКШИНСКИЙ.**

# Демократиллӗ Германи Республикин Министрӗсен Совечӗн заявленийӗ

БЕРЛИН, июлӗн 16-мӗшӗ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаҫатра Демократиллӗ Германи Республикин Министрӗсен Совечӗн заявленийӗ пичетленнӗ. Министрсен Совечӗ ӑна хӑйӗн 1953 ҫулхи июлӗн 15-мӗшӗнче пулнӑ чрезвычайлӑ ларӑвӗнче йышӑннӑ. Заявленире ҫапла каланӑ:

Демократиллӗ, мире юратакан пӗрлӗхлӗ Германи тӑвассишӗн тӑракан нимӗҫ халӑхӗн нациле интересӗсене пурнӑҫлассишӗн тӑрӑшса, Министрсен Совечӗ ҫакӑн пек заявлени тума кирлӗ тесе шутлать:

Хӗвеланӑҫ Германире суйлав кампанийӗ пынӑ май Аденауэр темиҫе хутчен сӑмах тухса каланӑ. Вӑл хӑйне Германи пӗрлӗхне ҫӗнӗрен тӑвассишӗн тӑракан ҫын пек кӑтартма хӑтланать. Ҫав вӑхӑтрах Аденауэр Бонра тата Парижра тунӑ, пусмӑра кӗртсе ӳкерекен договорсенче мӗн ҫырни ҫинчен халӗ юриех нимӗн те шарламасть, мӗншӗн тесен халӑх ҫав договорсене хирӗҫ тӑрать. Кунсӑр пуҫне тата ҫав договорсене пурнӑҫлани Германин пӗрлӗхне ҫӗнӗрен тӑвассипе тата нимӗҫ халӑхӗн нациле интересӗсемпе пачах килӗшсе тӑманнине нимӗҫсенчен ытларахӑшӗ лайӑх ӑнланать. Анчах Аденауэр Бонри тата Парижри договорсене пӑрахӑҫлама килӗшмест, вӑл ҫав договорсене малалла пурнӑҫласа пыма тӑрӑшать. Ҫакӑ вара Аденауэр хӑйӗн кивӗ позицине—Германие икӗ пая уйӑрас позициех малалла тытса пынине, вӑл пӗрлӗхлӗ Германи тума тӑрӑшни ҫинчен суйса каланисем суйлав вӑхӑтӗнчи улталӑ сӑмахсем кӑна пулнине пӗлтерет.

Хӗвелтухӑҫ Германири нимӗҫсемпе Хӗвеланӑҫ Германири нимӗҫсем пӗр-пӗрин хушшинче килӗшӳ тунипе кӑна Германие мирлӗ майпа пӗрлештерме май килет. Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германи пӗрле, пӗр шухӑшлӑ ӗҫсем тунипе кӑна тӑватӑ держава Германи ыйтӑвӗпе каласса татӑлса килӗшӳ тӑвассине хӑвӑртлатма пулать. Анчах Аденауэр хӗвелтухӑҫӗнчи нимӗҫсемпе хӗвеланӑҫӗнчи нимӗҫсем Германие пӗрлештерес ыйтупа пӗр-пӗринпе килӗшӳ тӑвассине чӑрмантарма, ҫавӑн пекех тата Германи ыйтӑвне мирлӗ майпа йӗркелес пирки тӑватӑ держава килӗшӳ тӑвассине чӑрмантарма пур майсемпе те тӑрӑшать.

Ҫапла, сӑмахран, Аденауэр Германи ыйтӑвӗпе тӑватӑ держава хушшинче каласусем ирттерессине чӑрмантарас шутпа нумай пулмасть Вашингтона, Лондона тата Парижа ятарласа уполномоченнӑйсем янӑ. Правительствӑри Аденауэр ертсе пыракан коалици пӗр сасӑ ытларах пулнипе бундестаг ларӑвӗнче оппозициллӗ партисен сӗнӗвне сирсе янӑ. Оппозицири партисем Германи ыйтӑвӗ ҫинчен тӑватӑ державӑн каласӑвӗсене ирттерме ыйтнӑ пулнӑ.

Аденауэр чӑннипех те Германие пӗрлештерессшӗн пулсан, мӗншӗн-ха вӑл ҫак ыйтупа Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германи представителӗсем хушшинче каласусем ирттерессине хирӗҫ тӑрать, мӗншӗн-ха вӑл пӗтӗм Германи канашлӑвне пухма чӑрмантарать?

Асӑннӑ фактсем пурте ҫакӑн ҫинчен калаҫҫӗ: Аденауэр хӑй Германи пӗрлӗхӗшӗн тӑни ҫинчен сӑмахпа ҫеҫ, халӑха улталас шутпа ҫеҫ калать, чӑннипе вӑл ӗлӗкхи пекех Германие пайласа ярассишӗн тата Хӗвеланӑҫ Германие чуралантарассишӗн, Европӑра агрессиллӗ ҫӗнӗ вӑрҫӑ пуҫарса ярассишӗн тӑрать.

Берлинӑн Хӗвелтухӑҫӗнчи пайӗнче тата Демократиллӗ Германи Республикинчи ытти хӑшпӗр хуласенче июнӗн 17-мӗшӗнче ятарласах фашистла провокацисем туни, ҫуртсене вут тивертни тата ҫынсене тапӑнни Аденауэр правительстви малашне ҫулсенче ҫӗршыва пайлас тӗллевпе тӑвакан ӗҫсене тепӗр хут уҫҫӑн кӑтартса парать. Асӑннӑ провокацисене малтанах Вашингтонпа Бонра хатӗрленӗ, вӗсен тӗллевӗ Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германи хушшинче хирӗҫӳсем кӑларасси пулнӑ. Ку провокацисене хӗвелтухӑҫӗнчи нимӗҫсемпе хӗвеланӑҫӗнчи нимӗҫсене пӗр-пӗринпе хытӑ хирӗҫтерес, ҫапла майпа Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германи хушшинче нумай вӑхӑт хушши каласусем ирттерме тата килӗшӳ тума парас мар шутпа тунӑ. Вӗсем ҫапла майпа Германие демократилле тата мирлӗ никӗс ҫинче пӗрлештерме май пуррине нимӗҫсем шанса тӑрассине пӗтерсе лартма шутланӑ. Америкӑн тата Хӗвеланӑҫ Германин ҫав провокацийӗсене организациленӗ ҫыннисем нимӗҫ халӑхне Бонри тата Парижри договорсене хирӗҫ кӗрешессинчен пӑрса яма, Хӗвеланӑҫ Германие агрессиллӗ Ҫурҫӗр Атлантика блокне кӗртессине ҫӑмӑллатма тӑрӑшнӑ.

Фашистла провокаторсемпе бандитсем июнӗн 17-мӗшӗнче Америкӑпа Хӗвеланӑҫ Германин шултра буржуазийӗ тӳрремӗнех хушнӑ заданисене — Европӑри лару-тӑрӑва йывӑрлатма тата тӗнчери халиччен татса паман ыйтусене аслӑ державӑсем пӗр-пӗринпе каласусем ирттерсе йӗркелессине чӑрмантарма хушнине пурнӑҫланӑ.

Июнӗн 17-мӗшӗнчи провокацисем ҫакна уҫҫӑнах ҫирӗплетсе кӑтартрӗҫ: Германие пайланӑ пирки пулса тӑнӑ Хӗвеланӑҫ Германи Европӑра вӑрҫӑ хӑрушлӑхӗн тӗп вучахӗ, нимӗҫсем хушшинче пӗртӑвансене вӗлермелли вӑрҫӑ хатӗрлемелли вырӑн пулса тӑчӗ. Германи пайланса тӑнине пӗтерни тата ӑна мирлӗ те демократиллӗ никӗс ҫинче пӗрлештерни кӑна вӑрҫӑ хӑрушлӑхӗн ҫав вучахне пӗтерме тата Германишӗн тата Европӑри халӑхсемшӗн вӑраха пыракан мир тума май парать.

Аденауэрпа унӑн шайкки малашне те Германие пайлас политикӑна ҫине тӑрса пурнӑҫлама тӑрӑшсан, ун чухне вара нимӗҫ халӑхӗ хӑйӗн ҫӗршывне Аденауэрсӑрах пӗрлештерме тата Аденауэра хирӗҫ тӑма ҫул тупать.

Демократиллӗ Германи Республикин правительстви Германие мирлӗ тата демократилле йӗркепе пӗрлештерессишӗн яланах ҫине тӑрса тата ҫирӗппӗн кӗрешрӗ. Вӑл малашне те Германи пӗрлӗхне ҫӗнӗрен хӑвӑртрах туса хурассишӗн тата Германипе тӗрӗслӗхлӗ мирлӗ договор тутарассишӗн, оккупаци ҫарӗсене пурне те илсе каймалла тӑвассишӗн хӑйӗн мӗнпур вӑйне хурӗ.

Демократиллӗ Германи республикин правительстви кӑҫалхи июнӗн 11-мӗшӗнче йышӑннӑ решенире политикӑлла ҫӗнӗ ҫул-йӗр тытса пырасси ҫинчен пӗлтерчӗ. Ҫакӑ вара Германи пӗрлӗхӗшӗн татах та хытӑ тӑрӑшни пулать. Демократиллӗ Германи Республики аталанӑвӗн политикӑлла тата экономикӑлла условийӗсене лайӑхлатма кӑна мар ҫав ҫул-йӗр ҫине куҫнӑ. Ку ҫул-йӗрӗн тӗллевӗ ҫавӑн пекех Германие пӗрлештерессине ҫӑмӑллатасси тата халех ӗнтӗ Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германи хушшинчи политикӑлла, экономикӑлла, культурӑлла тата ытти ҫыхӑнусене тӗреклетесси пулать. Политикӑлла ҫӗнӗ ҫул-йӗрӗн тӗллевӗ ҫапла: Демократиллӗ Германи Республикинче материальнӑй пурнӑҫпа культурӑллӑ пурнӑҫӑн условийӗсене Хӗвеланӑҫ Германири халӑхӑн ытларахӑшӗн интересӗсене те юрӑхлӑ тумалла, Германие пӗрлештернӗ чухне ҫав условисене Хӗвеланӑҫ Германири халӑх ырласа йышӑнма пултартӑр.

Демократиллӗ Германи Республикин правительстви ҫапла пӗлтерет: Аденауэр провокациллӗ ӗҫсем тӑвать пулин те, вӑл июнӗн 17-мӗшӗнче, Америка влаҫӗсем ертсе пынипе, хӑйӗн фашистла агенчӗсем пулӑшнипе Демократиллӗ Германи Республикинче йӗркесӗрлӗхсем организациленӗ пулин те, Демократиллӗ Германи Республикин правительстви Германие мирлӗ майпа пӗрлештерме хатӗрленес ыйтупа канашлама, ҫав шутпа пӗтӗм Германире ирӗклӗ суйлавсем ирттерессипе тата Германипе хӑвӑртрах мирлӗ договор тутарасси ҫинчен Хӗвеланӑҫ Германин полномочнӑй представителӗсемпе пӗрле пухӑнса канашлама хатӗр. Паллах ӗнтӗ, ҫак каласусем вӑхӑтӗнче Демократиллӗ Германи Республикин представителӗсен сӗнӗвӗсене те, ҫавӑн пекех тата федеральнӑй республика представителӗсен сӗнӗвӗсене те сӳтсе явмалла.

Демократиллӗ Германи Республикин правительстви асӑннӑ ыйтусене сӳтсе явма Хӗвелтухӑҫ Германипе Хӗвеланӑҫ Германин представителӗсен канашлӑвне кӗске вӑхӑт хушшинчех пухма сӗнет.

Германие мирлӗн пӗрлештерессине тата Германипе тӗрӗслӗхлӗ мирлӗ договор тӑвассине пӗтӗм нимӗҫ халӑхӗ кӗтет.

Ҫавӑнпа та эпир тепӗр хут хамӑрӑн требованине—«Нимӗҫсем, пӗр сӗтел хушшине!» текен требование ҫӗнӗрен кӑларса лартатпӑр.

## Албанире тырпул пухса кӗртес ӗҫ ӑнӑҫлӑ пырать

ТИРАНА, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Албанире тырпул пухса кӗртес ӗҫ анлӑ сарӑлнӑ. Кӗрхи тырӑсене пухса кӗртме сӑртлӑ-туллӑ вырӑнти Корча, Пешкопия, Кукес районӗсем те тытӑннӑ. Республикӑра пӗтӗмпе уйрӑм хресчен хуҫалӑхӗсен секторӗ кӗрхи тырӑсен 50 процентне, кооперативла сектор—71 процентне пухса кӗртнӗ (июлӗн 12-мӗшне илнӗ сведенисем тӑрӑх). Дуррес, Фиер, Люшня, Шкодер районӗсенчи ҫӗрӗҫ кооперативӗсем тырпула пуринчен малтан пухса кӗртнӗ.

Хресченсем авӑн ҫапма тытӑннӑ. Тырпула вырса пухнипе тата авӑн ҫапнипе пӗрлех, хресченсем малтанхи тырра хатӗрлев пункчӗсене леҫеҫҫӗ.

## БОЛГАРИ ОБЩЕСТВЕННОҪӖ МАЯКОВСКИЙ ҪУРАЛНӐРАНПА 60 ҪУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПАЛӐРТАТЬ

СОФИЯ, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Болгарири общественность Владимир Маяковский ҫуралнӑранпа 60 ҫул тултарнине палӑртать. Унӑн произведенийӗсене Болгарири ӗҫҫыннисем юратса вулаҫҫӗ.

Паян Софийӑра Маяковские асӑнса савӑнӑҫлӑ лару пулнӑ. Ларӑва Болгарири писательсен союзӗ тата наука академийӗ ҫумӗнчи литература институчӗ организациленӗ.

Маяковскин пурнӑҫӗпе творчестви ҫинчен ларура Блага Димитрова писательница доклад туса панӑ.

## Чехословакири ҫамрӑксем аслӑ шкулсенче вӗренеҫҫӗ

ПРАГА, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Кӑҫал республикӑри аслӑ шкулсенче пӗлтӗрхинчен 12 пин ытларах студентсем пулаҫҫӗ, буржуалла республикӑра мӗн чухлӗ пулнипе танлаштарсан, виҫӗ хут нумайрах пулать.

Ҫӗршыври 8 хулара, ҫав шутра Прага, Братислава, Брно, Либерец, Плзень хулисенче 5 пин ҫын вырнаҫмалӑх ҫӗнӗ общежитисем лартаҫҫӗ.

## ПОЛЬШӐРА В. И. ЛЕНИНӐН «ГОСУДАРСТВО ТАТА РЕВОЛЮЦИ» ПРОИЗВЕДЕНИНЕ ҪИЧЧӖМӖШ ХУТ ПИЧЕТЛЕСЕ КӐЛАРНӐ

ВАРШАВА, июлӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). «Книга и знания» ятлӑ издательство В. И. Ленинӑн «Государство тата революци» произведенине ҫиччӗмӗш хут пичетлесе кӑларнӑ.

## Бухарестри писательсем Маяковские хисеплесе асӑнаҫҫӗ

БУХАРЕСТ, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Бухарестра, писательсен ҫуртӗнче Румыни Халӑх Республикинчи писательсен Союзӗ пуху ирттернӗ. Унта Владимир Маяковский ҫуралнӑранпа 60 ҫул ҫитнине палӑртнӑ. Совет ӗмӗрӗнчи талантлӑ поэта хисеплесе асӑнма поэтсемпе писательсем, Михаил Эминеску ячӗпе тӑракан литературӑпа литература критики шкулӗнчен вӗренсе тухнӑ ҫынсемпе ҫав шкулти студентсем пынӑ.

Пухура государство премийӗн лауреачӗ Дан Дешлиу поэт доклад туса панӑ. Вӑл Маяковский ҫырнӑ произведенисене Румыни халӑхӗ питех те кӑмӑлланине палӑртнӑ. Доклад хыҫҫӑн Бенюк, Драгомир поэтсем тата ыттисем те Маяковскин румынла куҫарнӑ сӑввисене вуласа панӑ. Юлашкинчен «Владимир Маяковский» ятлӑ документальнӑй фильм кӑтартнӑ.

## Японири Коммунистсен партийӗ 31 ҫул тултарнӑ

ПЕКИН, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви ҫакӑн ҫинчен пӗлтерет:

Июлӗн 15-мӗшӗнче Японири Коммунистсен партине тунӑранпа 31 ҫул тултарнӑ. Японирен илнӗ хыпарсем тӑрӑх, ҫак кунӑ Токиори, Осакӑри тата ҫӗршыври ытти хуласенчи ӗҫҫыннисем митингсемпе пухусем ирттерсе палӑртнӑ.

Токиори пухура 1.300 ҫын ытла пулнӑ. Пухӑва пынисем Японири Коммунистсен партийӗн ертсе пыракан деятелӗсен доклачӗсене итленӗ. Докладсем хыҫҫӑн «Дзэнсиндзэ» ятлӑ прогрессивлӑ театр спектакль лартса панӑ.

## Австралире Коммунистсен партийӗн ҫурчӗсем ҫине тапӑннӑ

ЛОНДОН, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Сиднейран пӗлтернӗ тӑрӑх, паян «хӑрушсӑрлӑх служби» агенчӗсем Австралири Коммунистсен партийӗн Сиднейри штаб-хваттерӗ ҫине, коммунистла литературӑна сутакан магазин ҫине тата Коммунистсен партийӗн «Трибюн» хаҫатне пичетлекен типографи ҫине тапӑннӑ.

Коммунистсен партийӗн членӗсем пурӑнакан хӑшпӗр хваттерсене те ухтарнӑ. Ухтарнӑ чухне пичетлесе хатӗрленӗ нумай материалсене конфискациленӗ.

## Канадӑри ылтӑн рудникӗсенче ӗҫлекенсем забастовка тӑваҫҫӗ

ОТТАВА, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Онтарио провинцийӗнче, Тиммисран хӗвелтухӑҫнерехре ылтӑн кӑларас тӗлӗшпе ӗҫлекен компанин рудникӗсем пур. Ҫав рудниксенче ӗҫлекенсем пӗр эрне хушши забастовка тӑваҫҫӗ. Забастовка тӑвакансем ӗҫ укҫи ӳстерме тата ӗҫкунне чакарма требовани лартнӑ.

Июлӗн 15-мӗшӗнче 700 ҫын забастовка тунӑ. Канадиен Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, забастовка тӑвакансем ҫумне июлӗн 16-мӗшӗнче тата 200 рабочи хутшӑннӑ. Виҫӗ рудникре ӗҫ пӗтӗмпех чарӑнса ларнӑ.

## ГРЕЦИ ПАРЛАМЕНЧӖН КОМИССИЙӖ «ЫТЛАШШИ» СЛУЖАЩИСЕНЕ ӖҪРЕН КӐЛАРМАЛЛИ ҪИНЧЕН ҪЫРНӐ ЗАКОН ПРОЕКТНЕ ҪИРӖПЛЕТНӖ

АФИНЫ, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Афинӑри хаҫатсем ҫакӑн ҫинчен пӗлтереҫҫӗ: Греци парламенчӗн комиссийӗ «государство аппаратӗнчен ытлашши служащисене ӗҫрен кӑлармалли ҫинчен» калакан закон проектне ҫирӗплетнӗ.

«Ҫак закон проектне ҫирӗплетнине пула государствӑн 20.000 служащийӗн ӗҫрен тухса каймалла пулать...», тесе ҫырать «Элефтерия» хаҫат.

Влаҫра тӑракан парти майлӑ тӑман служащисене пурне те правительство ӗҫрен кӑларма шутлать, тесе пӗлтерет «Аллаги» хаҫат.

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче халӑх ҫарӗсен соединенийӗсем Йоньчхоньрен хӗвеланӑҫнерехре, Синмокtонпа Ильмоктон патӗнче тӑшмана хирӗҫ ҫапӑҫнӑ.

Тӑшманӑн икӗ полк чухлӗ салтакӗсем халӑх ҫарӗсен позицийӗсем ҫине ҫичӗ хутчен тапӑннӑ. Вӗсене 30 ытла самолет тата темиҫе вуншар танк пулӑшнӑ. Анчах халӑх ҫарӗсен соединенийӗсем тӑшманӑн пур атакисене те сире-сире янӑ, ӑна ҫухатусем кӳнӗ.

Паян зенитнӑй чӑссем тата самолетсене хирӗҫ ҫапӑҫакан салтаксем тӑшманӑн 3 самолетне персе ӳкернӗ, 5 самолетне сиен кӳнӗ.

## ФРАНЦИН ИНДО-КИТАЙРИ ХӖҪПӐШАЛЛӐ ВӐЙӖСЕН ГЛАВНОКОМАНДУЮЩИЙӖ КАЛАСА ПАНИ

ПАРИЖ, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). «Либерасьон» хаҫатра Францин Индо-Китайри хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен главнокомандующийӗ Наварр генерал пичет представителӗсене каласа панине пичетлесе кӑларнӑ. «Эпир иккӗмӗш ҫул каялла чакнине манӑн палӑртма тивет,— тенӗ вӑл.— Халӑх ҫарӗсем (Вьетмин ҫарӗ) шаларах та шаларах тапӑнса кӗреҫҫӗ. Вьетмин ҫарӗсем халиччен нихҫан та ҫавӑн пек пысӑк пулман... Ҫумӑр ҫӑвакан тапхӑр иртсен, вӗсем ирӗклӗнех е Тонкина е Лаоса, е Вьетнамӑн вӑтаҫӗрти вырӑнӗсене пырса кӗме тапӑнма пултараҫҫӗ».

Ҫав хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, иртнӗ ҫӗрле Францин командованийӗ аллинче тӑракан салтаксен икӗ роти—Кхмерта ҫуралса ӳснӗ ҫынсем хӑйсен мӗнпур хӗҫпӑшалӗсемпе Кхмерти ирӗклӗхшӗн кӗрешекен ҫарсем ҫумне пӗрлешнӗ.

## Чили правительстви экономика енӗпе реакциллӗ ӗҫсем тӑвать

НЬЮ-ЙОРК, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Сант-Яго хулинче Чилин информаци бюллетенӗ тухса тӑрать. Ҫав бюллетенӗн редакторӗ Лауторо Перес пӗтӗм ҫӗршывра Ибаньес дель Кампо президентӑн экономикӑлла программине хирӗҫ протестлесси анлӑ сарӑлни ҫинчен пӗлтерет. Президент программи Чили халӑхне пысӑк йывӑрлӑхсем тӳсесси патне илсе пырать. Лауторо Перес ҫапла ҫырать: «Ибаньес дель Кампо президент июлӗн 2-мӗшӗнче, укҫа хакӗ йӳнелсе пынине чарса лартас сӑлтавпа, экономика тӗлӗшӗнчен тӗрлӗ мерӑсем йышӑнасси ҫинчен пӗлтернӗ. Ҫав мерӑсене хальхи вӑхӑтра практикӑра пурнӑҫлаҫҫӗ ӗнтӗ. Ҫав мерӑсенчен чи пысӑк пӗлтерӗшли вӑл ҫӗршыва кирек мӗнле таварсем кӳрсе пынӑ чухне те валютӑна пӗр хакпа улӑштарса илмелли йӗрке туни пулать.

Халиччен чи кирлӗ таварсене—сахӑр, тырӑ, бензин, олива ҫӑвӗ, машина оборудованийӗ, эмел, топливо тата ытти таварсем ҫӗршыва илсе пынӑ чухне вӗсемшӗн тӳлес ӗҫре ҫӑмӑлӑх панӑ—пӗр долларшӑн 31 песоран пуҫласа 66 песо таран тӳлемелли йӗрке пулнӑ. Укҫасене улӑштармалли ҫӗнӗ йӗрке тунӑ хыҫҫӑн, ҫав таварсене ҫӗршыва кӳрсе пынӑ чухне пӗр долларшӑн 110 песо тӳлемелле тунӑ. Апла пулсан, ҫав таварсенчен хӑшпӗрисен хакӗ виҫӗ хут ӳсет.

Официальнӑй сведенисем тӑрӑх шутласа пӗлсен, ҫакӑ палӑрнӑ: валютӑна улӑштармалли пӗр пек хак тунӑ хыҫҫӑн апат-ҫимӗҫ хакӗ тата халӑха кулленех кирлӗ таварсен хакӗ 34 процент ӳсет».

Лауторо Перес малалла ҫакӑн ҫинчен ҫырать: ҫӗршыва кӳрсе пыракан таварсен хакӗсем ӳснине пула хуҫалӑхӑн пур облаҫӗсенче те—чугун ҫулсем тӑрӑх ҫӳреннӗшӗн, хулари транспортпа усӑ курнӑшӑн, тара илнӗшӗн тата ыттисемшӗн те—тӳлемелли хаксем ӳсессине шута илсен, ҫывӑх эрнесенче пурнӑҫ хакӗ, пӗтӗмӗшпе илсен, 34 процент ытла ӳсет. Ҫакна официальнӑй сведенисем тӑрӑх шутласа кӑларнӑ, ҫав сведенисенче яланах хаксене чӑннипе мӗнле пулнинчен каярах кӑтартаҫҫӗ».

## Сингапурта пысӑк пушар пулнӑ

ЛОНДОН, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Сингапурта пысӑк пушар пулнӑ, 2.000 ҫын ҫурт-йӗрсӗр тӑрса юлнӑ. Кун пек пысӑк пушар унта нумай ҫул хушшинче малтанхи хут пулнӑ.

## Франкистла Испанире

ПАРИЖ, июлӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Кашни эрнере тухакан «Обсерватэр» хаҫат ҫапла ҫырать: Испанире, Барселона таврашӗнче Франко полицийӗ нумай пулмасть ҫуртсӑр-мӗнсӗр пурӑнакан хресченсене ухтарса ҫӳренӗ. Ҫав хресченсем Испанири ялсем юхӑнса ҫитнӗ пирки хулана куҫнӑ пулнӑ. Полици 200 ҫемьене хӑйсем пурӑнакан лаҫсенчен хӑваласа кӑларнӑ. Вӗсене е ӗлӗк хӑйсем пурӑннӑ вырӑнсене е концентраци лагерӗсене янӑ.

Малашне Мадрид хули таврашӗнчи чухӑнсем пурӑнакан вырӑнсенчи ҫынсем тӗлӗшпе те влаҫсем ҫавӑн пек мерӑсем йышӑнӗҫ, тесе ҫырать «Обсерватэр» хаҫат.

# КОЛХОЗ ПАРНИ

Кӗвви Ф. ЛУКИНАН. Сӑмахӗсем Н. ЕВСТАФЬЕВАН.




Шӑркана ыраш ларсассӑн
Тырӑ сарӑшрӗ пӗрмай.
Тулӑх тулӑ кассӑн-кассӑн
Пуҫне тайрӗ ҫиле май.

Акаланӑ та сӳренӗ,
Хаҫь ак тырӑ тикӗс пек:
Хӗвел чух вӑл—ылтӑн тейӗн—
Илӗртет ҫап-ҫут тӗспе.

Пӗрчисем пиҫсе ҫитсессӗн,
Пуҫне йывӑррӑн пӗкет.
Ав, комбайн куратӑн эсӗ,
Хир карапӗ пек иртет.

Ҫул-йӗрсем тап-такӑр, ырӑ.
Элеваторсем патне
Машинсем леҫеҫҫӗ тырӑ —
Ҫӗршыва пиртен парне.

## Ҫамрӑк спортсмен

Шупашкарти Ӗҫлӗх Хӗрлӗ ялав орденлӗ заводри иккӗмӗш сборочнӑй цех. Унта, калибровочнӑй участокра, кӑвак костюм тӑхӑннӑ сарӑ ҫӳҫлӗ вӑрӑм та яштака ҫамрӑк: комсомолец Сергей Усов ӗҫлет. Хӑйӗн пысӑк та патвар аллисемпе вӑл реле аппаратне ҫавӑркаласа пӑхать. Унтан аппарата сӗтел ҫине лартса, унӑн шкали ҫине хура тушпа цифрӑсем ҫырать. Рабочи ӗҫӗ питӗ кӑткӑс, кашни операцие тӗрӗс тума пӗлмелле.

Сергей заводра иккӗмӗш ҫул ҫеҫ ӗҫлет-ха. Апла пулсан та вӑл хӑйӗн ӗҫне питӗ тӗплӗн тума вӗренсе ҫитнӗ. Хӑйне шанса панӑ ӗҫе Усов яланах тӑрӑшса, пӗр кӑлтӑксӑр тӑвать, сменӑри задание яланах ирттерсе тултарать.

Усов заводри вӑйлӑ спортсменсенчен пӗри. Вӑл 800, 1.500 тата 3.000 метр тӑршшӗ ӑнӑҫлӑ чупакан спортсмен. Халӗ Усов 400 метра лайӑхрах чупма тренировкӑсем тӑвать. Ҫавӑнпа та кашни кунах стадиона ҫӳрет. Иккӗмӗш разрядри спортсмен хӑйӗн пултарулӑхне тӑтӑшах ӳстерме тӑрӑшать. Кӑҫал ҫуллахи сезон уҫнӑ ятпа ирттернӗ ӑмӑртура вӑл уйрӑмах лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ, 800 метра чупас тӗлӗшпе пӗрремӗш вырӑн йышӑннӑ.

— Спорт ӗҫӗнче манӑн ҫӗнӗ ӳсӗмсем тӑвас килет,—тет Усов.—Ҫавӑнпа та кашни пушӑ вӑхӑтрах тӗрлӗ спорт вӑййисене хутшӑнатӑп, хамӑн сывлӑха татах ҫирӗплетме тӑрӑшатӑп.

В. ШИНГАРЕВ.

## Паян Шупашкарта

Шупашкарта Пӗтӗм Союзри Физкультурниксен кунне анлӑ паллӑ тӑваҫҫӗ. Хулари стадионсемпе парксенче, Атӑл хӗрринче ӗҫҫыннисем йышлӑ пулаҫҫӗ, спорт вӑййисем ирттереҫҫӗ.

Ӗнер каҫхине физкультурниксен кунӗ ячӗпе ҫамрӑксен вечерӗ пулса иртрӗ, унта партипе совет, профсоюз тата комсомол активӗ хутшӑнчӗ.

Спорт праҫникӗ ячӗпе Шупашкар, Сӗнтӗрвӑрри, Етӗрне хулисенчи командӑсен традициллӗ ӑмӑртӑвӗ пулса иртет. Спортсменсем шывра ишес тӗлӗшпе ӑмӑртаҫҫӗ. Стадионра футбол, волейбол тата баскетбол вӑййисем енӗпе ӑмӑртусем пулаҫҫӗ.

Каҫхине футбол вӑййи енӗпе республикӑра мала тухассишӗн «Энергия» тата Ҫӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» колхоз командисем тӗл пулса выляҫҫӗ. Футбол вӑййи енӗпе хулара мала тухассишӗн те чылай командӑсем ӑмӑртаҫҫӗ.

Паян хулари спортсменсем республикӑри район центрӗсене тухса каяҫҫӗ. Ҫӗрпӳри пионер лагерӗнче спорт шкулӗнчи акробатсемпе баскетболистсем тата футболистсем пулаҫҫӗ. «Спартак» спорт обществин футболисчӗсем Ҫӗмӗрлере, Чапаевски поселок командиЙ Улатӑрта пулса, унти командӑсемпе тӗл пулса выляҫҫӗ.

## В. В. Маяковские асӑнса

ЕЛЧӖК. Районта В. В. Маяковский ҫуралнӑранпа 60 ҫул ҫитнине паллӑ тума тимлӗн хатӗрленчӗҫ. Культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсенче В. В. Маяковский пурнӑҫӗпе творчествине кӑтартакан выставкӑсем тата витринӑсем йӗркеленӗ.

Поэт ҫуралнӑранпа 60 ҫул ҫитнине уйрӑммӑнах Аслӑ Елчӗк, Патрекел тата Ҫӗнӗ Пӑва ял Совечӗсенче паллӑ тума анлӑн хатӗрленеҫҫӗ, ӗҫҫыннисем хушшинче В. В. Маяковский ҫинчен лекцисемпе докладсем тата каласусем ирттереҫҫӗ.

В. НАУМОВ.

* * *

КУСЛАВККА. Районти чылай клубсемпе вулав ҫурчӗсенче «В. В. Маяковскин пурнӑҫӗпе творчестви», «Маяковский тата чӑваш литератури» темӑсемпе колхозниксем валли лекцисем вуласа панӑ.

Чылай клубсемпе вулав ҫурчӗсенче Маяковский кӗнекисенчен выставкӑсем йӗркеленӗ, унӑн пурнӑҫӗпе ӗҫӗсене кӑтартса паракан фотовитринӑсем тунӑ.

Кӗнерти ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулта В. В. Маяковский 60 ҫул тултарнӑ куна палӑртма хатӗрленеҫҫӗ. Шкулӑн пӗр класӗнче поэт пурнӑҫӗпе ӗҫӗсене кӑтартакан выставка тунӑ. Кунта В. В. Маяковскин уйрӑм кӗнекисем, фото-альбом, шкул ачисем поэта халалласа ҫырнӑ произведенисен альбомӗсем пулаҫҫӗ.

Июлӗн 19-мӗшӗнче шкулта пысӑк вечер пулать. В. В. Маяковскин пурнӑҫӗпе ӗҫӗсем ҫинчен М. Тимеске учитель доклад туса парать, вӗренекен ачасем поэта асӑнса концерт ирттереҫҫӗ, унӑн сӑввисене вуласа параҫҫӗ.

## ФУТБОЛ

### Республикӑра мала тухассишӗн

Ҫак кунсенче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионӗнче футбол вӑййипе республикӑра мала тухассишӗн пыракан ӑмӑртӑвӑн черетлӗ вӑййисем пулса иртрӗҫ. Улатӑрти «Локомотив» спорт обществин футбол команди Шупашкарти «Динамо» спорт обществин командине 9 : 1 шутпа выляса янӑ.

Шупашкарти «Спартак» спорт обществин футбол команди Чапаевски поселок командипе вылянӑ. Вӑййӑра Чапаевски поселок команди 2 : 1 шутпа ҫӗнтернӗ.

## МУСКАВРИ ФИЗКУЛЬТУРНИКСЕН ПУХӐВӖ

Мускаври Горький ячӗпе тӑракан культурӑпа кану паркӗн Симӗс театрне кӗнӗ ҫӗрте «Столицӑри физкультурниксене салам!» тесе ҫырса хунӑ. Июлӗн 17-мӗшӗнче унта физкультурниксен Пӗтӗм Союзри кунӗ ячӗпе нумай пинлӗ ҫынлӑ пуху пулнӑ.

СССР Сывлӑх министрӗн заместителӗ Романов юлташ доклад тунӑ.

Спорт мастерӗ Голубничая, гимнастика енӗпе ҫӗршывӑн абсолютнӑй чемпионӗ, спортӑн тава тивӗҫлӗ мастерӗ Муратов столицӑри физкультурниксен ячӗпе тухса каланӑ. (ТАСС).

## Хроника

СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ:

1. СССР Вӑтам машиностроени министрӗ пулма Вячеслав Александрович Малышев юлташа уйӑрса лартнӑ. Ҫавна май В. А. Малышев юлташа СССР Транспортпа йывӑр машиностроени министрӗн ӗҫӗсенчен хӑтарнӑ.

2. СССР Транспортпа йывӑр машиностроени министрӗ пулма Иван Исидорович Носенко юлташа уйӑрса лартнӑ.

## ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Умстатья. — Пӗтӗм Союзри физкультурниксен кунӗ.

Тырпул пухса кӗртме тытӑнас умӗн.

Партипе халӑхӑн никам аркатайми пӗрлӗхӗ (партин районсенчи комитечӗсен пленумӗсемпе ӗҫҫыннисен пухӑвӗсем ҫинчен).

**Я. Осипов.**— Спорт ӗҫне анлӑн сарассишӗн.

**Н. Акшинский.** — Совет саманин аслӑ поэчӗ.

**А. Эсхель.**— Маяковский тата чӑваш литератури.

**Д. Бочаров.**— Тӗнчери лару-тӑру.

Вырӑнти тата урӑх ҫӗршывсенчен килнӗ хыпарсем.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ — Кизел хулинчи драма театрӗн гастролӗсем. Июлӗн 19-мӗшӗнче кӑнтӑрла тата каҫхине **«Двенадцатая ночь»**.

Кӑнтӑрлахи спектакль 12 сехетре, каҫхине 20 сехет те 30 минутра пуҫланать.

### КИНО

**«РОДИНА»**—июлӗн 19-мӗшӗнче **«Дочь полка»**. Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-04, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01182

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.